ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1956 çул
Январь
6
эрнекун
№ 4 (9683)
Хакĕ 20 пус.
38-мĕш çул тухать.

## Паянхи номерте:



## Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Чăваш обкомĕнче

### 1956 çулта республикăри колхозсенче вырăнти удобренисем ытларах хатĕрлесси, вĕсемпе усă курассине лайăхлатасси тата йӳçек тăпраллă çĕрсене извĕçлесси çинчен

Малта пыракан колхозсен опычĕ çакна кăтартса парать: уй-хире удобренисем ытларах кăларсан тата вĕсемпе тĕрĕс усă курсан, кашни районта тата колхозра, тăпра кирек мĕнле пулсан та, яланах пысăк тухăçлă ялхуçалăх культурисем туса илме пулать. Анчах республикăри нумай колхозсем пухса кĕртекен тĕштырăн, пăрçа йышши культурăсемпе техникăлла тата выльăх апачĕлĕх акакан культурăсен тухăçлăхĕ пĕчĕк.

Республикăри Ялхуçалăх министерстви, КПСС райкомĕсем, райсовет исполкомĕсем тата МТС-сем органикăлла тата минераллă удобренисем нумайрах хатĕрлес, вĕсемпе анлăн усă курас, çавăн пекех йӳçек тăпраллă çĕрсене извĕçлес тĕлĕшпе КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти тата февральпе мартри Пленумĕсем йышăннă решенисене çителĕксĕр пурнăçласа пыраççĕ. 1955 çулта республикăри колхозсем уй-хире 1954 çулхинчен 74 пин тонна сахалрах тислĕк кăларнă. Торф тата сахалрах хатĕрленĕ. 1955 çулхи декабрĕн 1-мĕшĕ тĕлне хире тислĕк кăлармалли плана 66 процент, торф кăларса турттармалли плана 13 процент кăна тултарнă. 1955 çулта республикăри колхозсенче сухалакан çĕрсен кашни гектарĕ пуçне тислĕк 2,6 тонна çеç кăларнă. Уй-хире тислĕк кăларас ĕç уйрăмах Кувакино районĕнче япăх пулса пырать. Кувакино МТС-ĕн зонине кĕрекен колхозсенче сухалакан çĕрсен кашни гектарĕ пуçне 0,7 тонна, Сурмайдан МТС-ĕн зонинче—0,5 тонна, Улатăр районĕнче—0,9 тонна, Шăмăршă районĕнче—1,2 тонна кăна тислĕк кăларнă. 1955 çулта Улатăр районĕнчи колхозсем, пĕтĕмĕшпе илсен, Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхозран та сахалрах тислĕк кăларнă.

Тислĕке упрас тата тислĕкпе тĕрĕс усă курас ĕçре те пысăк çитменлĕхсем пур. Колхозсенче тислĕк хумалли тата тислĕк шĕвекĕ пухмалли ятарласа тунă вырăнсем çук, вĕсене тума районсемпе МТС-сене панă задание пурнăçламан.

Торф хатĕрлесе уй-хире кăлармалли плана Йĕпреç, Элĕк, Ишлей, Канаш, Хĕрлĕ Чутай, Сĕнтĕр районĕсенчи колхозсем питех те çителĕксĕр пурнăçласа пыраççĕ. Асăннă районсенче торф кăлармалли вырăнсем нумай пулин те, 1955 çулта сухалакан çĕрсен кашни гектарĕ пуçне 30-шар килограмм çеç торф кăларнă.

Йӳçек тăпраллă çĕрсене извĕçлес ĕç начар пулса пырать. Республикăри Ялхуçалăх министерстви, КПСС райкомĕсемпе райисполкомсем йӳçек тăпраллă çĕрсене извĕçлес, органо-минеральнăй хутăшсемпе Т. Д. Лысенко академик хушнă пек усă курас тĕлĕшпе тивĕçлĕ мерăсем йышăнмаççĕ.

Ялхуçалăх министерстви, КПСС райкомĕсем тата райисполкомсем чугун çулпа тӳрех колхозсем валли килнĕ минераллă удобренисене колхозсем вăхăтра турттарса кайнипе кайманнине тĕрĕслесе тăмаççĕ, çавна пула хаклă удобренисем пăсăлса юрăхсăра тухаççĕ.

Çавăн пекех «Чăвашсельхозснаб» склачĕсене кӳрсе килнĕ минераллă удобренисене те колхозсем вăхăтра илсе турттарса каймаççĕ. Торфпа известь хатĕрлесе уй-хире кăларас ĕçре колхозсене МТС-сем çителĕксĕр пулăшаççĕ.

Республикăри Ялхуçалăх министерстви вырăнти, минераллă тата извĕçлĕ удобренисем хатĕрлес тата вĕсемпе тĕрĕс усă курас тĕлĕшпе наука тунă çитĕнӳсене тата малта пыракансен опытне çителĕксĕр пĕтĕçтерет, çав опытпа колхоз производствинче анлăн усă курма тăрăшмасть.

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС обкомĕн бюровĕ çапла йышăннă:

Республикăри Ялхуçалăх министерствине, райисполкомсене тата парти райкомĕсене, МТС-сен, колхозсемпе совхозсен руководителĕсене вырăнти удобренисем (тислĕк, торф тата ытти те) нумайрах хатĕрлес, вĕсене упрас тата вĕсемпе тĕрĕс усă курас ĕç çине уйрăмах тимлĕ пăхма хушнă.

1956 çул валли çакăн пек задача лартнă: колхозсене çирĕплетсе панă çĕрсен сухаланакан кашни гектарĕ пуçне 5—6 тоннăран кая мар тислĕк кăлармалла, удобрени валли торф, юшкăн тата ытти вырăнти удобренисем хатĕрлессине чылай ӳстермелле. Çавна май колхозсене 1956 çулта вырăнти удобренисем хатĕрлессине татăклăн ӳстерес тата вĕсемпе усă курас, компостсем нумайрах тăвас, йӳçек тăпраллă çĕрсене извĕçлес, органо-минераллă хутăшсемпе Т. Д. Лысенко академик хушнă пек усă курас тĕлĕшпе мероприятисем палăртма сĕннĕ.

Вырăнти удобренисем хатĕрлессине татăклăн ӳстерес тĕлĕшпе лартнă задачăна пурнăçлас тĕллевпе, мĕнпур колхозсемпе МТС-сене çапла тума хушнă: çуракине тухиччен обществăлла выльăх-чĕрлĕх витисенче, çавăн пекех колхозниксен хуçалăхĕнче пухăннă пĕтĕм тислĕке уй-хире кăлармалла, çавна май:

колхозсен правленийĕсене, малта пыракан колхозсен примерĕ тăрăх, уй-хире обществăлла выльăх-чĕрлĕх витисенчен тата колхозниксен хуçалăхĕнчен тислĕк кăлармалли плана ирттерсе тултаракан колхозниксене ĕçшĕн хушса тӳлеме сĕнес;

кашни уй-хир бригадине, кашни выльăх-чĕрлĕх фермине, бригадăсемпе фермăсенче ĕçлекен кашни колхозника уй-хире удобренисем (тислĕк, торф, юшкăн тата ытти те) кăларма заданисем памалла;

тислĕке торфпа, фекалипе, тислĕк шĕвекĕпе, фосфорит çăнăхĕпе, кĕлпе тата ытти удобренисемпе хутăштарса компостсем тăвассине анлăн сармалла;

кукурузăпа тулăна, çавăн пекех техникăлла мĕнпур культурăсене, çĕрулмипе пахча çимĕçе удобренисем ытларах тăкнă çĕр çине акма-лартма кирлине шута илсе, кашни колхозрах асăннă культурăсене акакан лаптăксем çине тислĕк тата вырăнти ытти удобренисем çителĕклĕ кăлармалла тата çав удобренисемпе çуркуннě культиваци тунă чухне тата акнă вăхăтра йăвасемпе шăтăксене, йăрансем хушшине хурса хăварса усă курмалла.

Ялхуçалăх министерствине, Колхозсенчи строительство управленине, райисполкомсене, КПСС райкомĕсене, МТС-сен, колхозсемпе совхозсен руководителĕсене кашни колхозрах тислĕк хумалли тата тислĕк шĕвекĕ пухмалли вырăнсем тăвассине анлăн организацилеме хушнă, вĕсем кирлĕ чухлĕ пулмалла.

Республикăри Ялхуçалăх министерствине тата Чăвашгосиздата тислĕкпе, торфпа, компостсемпе, органо-минераллă хутăшсемпе усă курас ĕçре малта пыракансен опытне кăтартса паракан брошюрăсене массăллă тиражпа кăларма хушас.

ВЛКСМ обкомĕпе райкомĕсене вырăнти удобренисем хатĕрлесе колхоз уй-хирĕсене турттарса кăларас ĕçре ялти комсомолецсемпе çамрăксĕн хастарлăхне вăйлатса пыма хушнă. Комсомолецсемпе çамрăксене удобренисем хатĕрлесе уй-хире турттарса кăларас, удобренисене лайăх упрас тата вĕсемпе тĕрĕс усă курас ĕçе анлăн явăçтармалла.

Республикăри тата районти хаçатсен редакцийĕсен колхозсемпе МТС-сенче вырăнти удобренисем хатĕрлес ĕç мĕнле пынине, ку тĕлĕшпе малта пыракан колхозсен опытне, органикăлла тата минераллă удобренисемпе, çавăн пекех компостсемпе тата извĕçпе тĕрĕс усă курма май паракан мероприятисене тăтăшах çутатмалла.

## Бирма никама пăхăнман çĕршыв пулса тăнă куна чысласа

### Мускав общественноçĕн представителĕсен савăнăçлă ларăвĕ

Бирма халăхĕн праçникĕ — никама пăхăнманлăх кунĕ ячĕпе январĕн 3-мĕшĕнче Мускавра савăнăçлă лару иртерĕ. Профессиле Союзсен Пĕтĕм Союзри Центральнăй Совечĕ, Урăх çĕршывсемпе культурăлла çыхăну тытас тĕлĕшпе ĕçлекен Пĕтĕм Союзри общество, СССР Культура министерстви тата СССР писателĕсен Союзĕ чĕннипе П. И. Чайковский ячĕпе тăракан концертсем ирттермелли зала промышленность предприятийĕсенчи новаторсем, ученăйсем, писательсем, искусство деятелĕсем, обществăлла организацисен представителĕсем пухăннă.

Ларусен пулакан зала уявра пек илемлетнĕ. Сцена йăри-тавра—Бирма Союзĕпе ССР Союзĕн государство ялавĕсем. Вырăс тата Бирма чĕлхисемпе çапла çырса хунă: «Сывă пултăр Совет Союзĕпе Бирма халăхĕсен туслăхĕ, вĕсем пĕр-пĕрипе килĕштерсе ĕçлессен!»

Савăнăçлă ларăва ВЦСПС секретарĕ А. И. Шевченко уçнă.

Совет Союзĕпе Бирма халăхĕсен туслăхĕ, вĕсем культура тĕлĕшпе тачă çыхăнса ĕçлени çинчен «мир» хутĕлес енĕпе ĕçлекен Совет Комитечĕн председателĕ Н. С. Тихонов туса панă доклада пурте питĕ тимлĕ итленĕ.

Савăнăçлă ларура Бирма Союзĕн ССР Союзĕнчи Чрезвычайнăй тата Полномочнăй Посолĕ Монг Он тухса каланă. Âна залри халăх ăшшăн кĕтсе илнĕ.

Савăнăçлă лару хыççăн концерт пулнă.

(ТАСС).

## Улан-Батор — Цзинин чугун çулне туса пĕтерни çинчен тата ССР Союзĕ, Монголи Халăх Республики, Китай Халăх Республики хушшинчи чугун çул тăрăх поездсем çӳреме пуçлани çинчен Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕн, Монголи Халăх Республикин тата Китай Халăх Республикин ПРАВИТЕЛЬСТВИСЕМ ПĔРЛЕ ПĔЛТЕРНИ

1952 çулхи сентябрь уйăхĕнче Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕн, Монголи Халăх Республикин тата Китай Халăх Республикин Правительствисем çак çĕршывсем хушшинче экономикăпа культура тĕлĕшĕнчи çыхăнусене малалла аталантарасси çинчен калаçусем ирттернĕ. Ку тĕлĕшпе маларах асăннă Правительствăсем 1952 çулхи сентябрĕн 15-мĕшĕнче Совет Союзĕ, Монголи Халăх Республики тата Китай Халăх Республики хушшинче тӳрех чугун çул çыхăнăвĕ организацилесси çинчен килĕшӳ турĕç. Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕпе Монголи Халăх Республикин Правительствисем хăйсен обязательствисемпе килĕшӳллĕн Улан-Батортан пуçласа Дзамын-Удэ урлă Монголи Халăх Республикин чикки таран чугун çул турĕç, Китай Халăх Республикин Правительстви вара хăйĕн обязательствисемпе килĕшӳллĕн Цзининран пуçласа Эрлянь урлă Китай Халăх Республикин чикки таран чугун çул турĕ.

Совет Союзĕн, Монголи Халăх Республикин тата Китай Халăх Республикин чугун çулĕсен представителĕсен конференцийĕ, 1955 çулхи сентябрь-октябрь уйăхĕсенче Улан-Баторта пулса иртнĕскер, ССР Союзĕ, Монголи Халăх Республики тата Китай Халăх Республики хушшинчи чугун çула уçассипе çыхăнса тăракан ыйтусене сӳтсе яврĕ.

1955 çулхи декабрĕн 31-мĕшĕнче Улан-Баторта Улан-Баторпа Пекин хушшинчи чугун çул тăрăх поездсем çӳреме пуçланине, 1956 çулхи январĕн 3-мĕшĕнче Китайпа Монголи чиккинче икĕ чугун çула пĕрлештернине тивĕçлĕ йĕркепе паллă турĕ.

Совет Союзĕ, Монголи Халăх Республики тата Китай Халăх Республики хушшинчи чугун çул тăрăх 1956 çулхи январĕн 1-мĕшĕнчен пуçласа поездсем йĕркеллĕ çӳреме пуçланă.

## Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕн Министрĕсен Совечĕн Председательне Н. А. БУЛГАНИН юлташа

Цзининпа Улан-Батор хушшинчи чугун çула туса пĕтерес умĕн тата Китай Халăх Республики, Монголи Халăх Республики тата ССР Союзĕ хушшинчи чугун çул тăрăх çӳреме пуçланă май, Китай Халăх Республикин Правительствипе халăхĕн ячĕпе эпĕ Сире тата Сирĕн урлă Совет Правительствипе совет халăхне хĕрӳллĕн саламласа сывлăх сунатăп, çак çула тума ырă кăмăлпа пулăшнăшăн Совет Союзĕн Правительствипе халăхне чĕререн тав тăватăп.

ССР Союзне, Монголи Халăх Республикине тата Китай Халăх Республикине пĕрлештерекен çак çула туса пĕтерни тата пирĕн виçĕ çĕршыва тӳрех çыхăнтаракан чугун çул тăрăх поездсем çӳрени пирĕн виçĕ çĕршыв хушшинчи экономикăлла тата культурăлла çыхăнусене вăйлатма пултарĕ, çавăн пекех пирĕн çĕршывăн чикĕ патĕнчи районĕсене политика, экономика тата культура тĕлĕшĕнчен аталантарма татах та ытларах пулăшĕ. Çавăнпа ĕнтĕ социализм тăвакан Китай халăхĕшĕн ку çул уйрăмах пысăк вырăн йышăнса тăрать.

Чечекленекен телейлĕ коммунизмла общество строительствинче аслă совет халăхне татах та пысăкрах çитĕнӳсем тума ырă сунатăп.

Сывă пултăр ССР Союзĕнчи, Монголи Халăх Республикинчи тата Китай Халăх Республикинчи халăхсем хушшинчи ĕмĕрлĕхе пыракан тăванла туслăх тата вĕсем пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕçлесе пурăнасси!

Китай Халăх Республикин государство Совечĕн Премьерĕ
ЧЖОУ ЭНЬ-ЛАЙ.

1955 çулхи декабрĕн 31-мĕшĕ, Пекин.

Демократиллĕ Германи Республикин Президенчĕ Вильгельм Пик.

## Вильгельм Пик 80 çул тултарнине паллă тăваççĕ

Демократиллĕ Германи Республикинчи ĕççыннисем рабочисемпе хресченсен Германи историйĕнчи пĕррремĕш государствин Президенчĕ Вильгельм Пик 80 çул тултарнине анлăн паллă тăваççĕ.

Юбиляр ячĕпе государствăн тĕрлĕ учрежденийĕсенчен, парти организацийĕсенчен, массăлла организацисенчен, предприятисен коллективĕсенчен, наукăпа культура работникĕсенчен пыракан саламлă çырусем Демократиллĕ Германи Республикинчи ĕççыннисем хăйсен президентне хĕрӳллĕн юратнине, вĕсем Демократиллĕ Германи Республикин правительствипе Германири Социалистсен пĕрлĕхлĕ партийĕ тавра тачă пĕтĕçсе тăнине кăтартса параççĕ.

Урăх çĕршывсенчи тата Хĕвеланăç Германири обществăлла организацисемпе уйрăм çынсем Вильгельм Пик патне саламсем янă.

Президент 80 çул тултарнă ятпа Демократиллĕ Германи Республикин столицине—Берлин хулине, çавăн пекех Демократиллĕ Германи Республикинчи хуласемпе ялсене уяв чухнехи пек илемлетнĕ.

Пур çĕрте те Демократиллĕ Германи Республикин государство ялавĕсемпе пĕтĕм тĕнчери рабочисен юхăмĕн хĕрлĕ ялавĕсем вĕлкĕшеççĕ, Вильгельм Пик Президентăн портречĕсем, плакатсем тата лозунгсем курăнаççĕ.

## КПСС XX-мĕш СЪЕЗЧĔ ЯЧĔПЕ

### Чугун çул çинче ĕçлекенсен хастарлăхĕ

КАНАШ. Чугун çул çинче ĕçлекенсем, хĕллехи йывăр условисене çĕнтерсе пырса, çĕнĕ çулта пысăк çитĕнӳ тума тăрăшаççĕ. Пăравус деповĕнчи машинистсем çĕнĕ çулăн малтанхи виçĕ кунĕнче йывăр тиенĕ поездсем илсе çӳресе, нормăран ирттерсе 840 тонна груз турттарса тухрĕç.

Çĕнĕ çулăн малтанхи кунĕнче Е. Девяткин машинист нормăран ирттерсе 200 тонна груз турттарса тухрĕ.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхăн малтанхи кунĕсенче чугун çул станцийĕнче ĕçлекенсем поездсене пĕр тикĕс çӳретме тăрăшаççĕ. Акă, январĕн 3-мĕшĕнче каçхине И. Иванов диспетчер смени (станци дежурнăйĕ Г. Скрипченков), çанталăкăн йывăр условине пăхмасăрах, кăтартуллă ĕçлерĕ. Смена пур поездсене те графикра кăтартнă вăхăтра кĕтсе илнĕ, нормăран ирттерсе икĕ поезд ăсатнă.

Чугун çул çинче ĕçлекенсем КПСС XX-мĕш съездне ĕçри пысăк çитĕнӳсемпе кĕтсе илме тăрăшаççĕ.

Х. ЛИСИН.

### Çуракине хатĕрленеççĕ

ВТЕРНЕ. Кăкшăмри Ильич ячĕпе тăракан ялхуçалăх артелĕн членĕсем Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз ĕçченĕсем КПСС XX-мĕш съезчĕ умĕнхи социализмла ăмăртăва анлăн сарса яма чĕнсе панине ырласа, çĕнĕ çитĕнӳсем тума тăрăшаççĕ.

Халĕ колхозра хĕрсех çуракине хатĕрленеççĕ. Вăрлăх фончĕ çителĕклĕ, ăна тасатса акма юрăхлă кондицие лартнă. Уй-хире тислĕк кăларас ĕç вăйланса пырать. З. Максимовпа И. Нарядов юлташсем ертсе пыракан 4-мĕшпе 6-мĕш уй-хир бригадисем хире 500 тонна тислĕк кăларчĕç.

Е. ИЛЬИН.

### Беляева свинарка çитĕнĕвĕ

СĔРПУ. Районти колхозсенчи выльăх-чĕрлĕх пăхакансем, КПСС XX-мĕш съезчĕ ячĕпе ăмăртăва хутшăнса, выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем туса илес ĕçре çĕнĕ çитĕнӳсем тăваççĕ.

Колхозсенче сыспа ĕрчетес енĕпе ĕçлекенсем 1955—56 хуçалăх çулĕнче кашни сысна ами пуçне 1 тоннăран кая мар аш туса илессишĕн ăмăртаççĕ. Иртнĕ виçĕ уйăхри итогсем тăрăх çак ăмăртура «1905 год» колхозри свинарка Александра Беляева пĕррремĕш вырăн йышăнчĕ. Вăл хăй пăхакан кашни сысна ами пуçне 3 уйăхра 929,6 килограмм сысна ашĕ туса илчĕ.

Беляева юлташ 9 сысна ами пăхать. Иртнĕ çуркунне тата çулла пăхса илнĕ сурăсенчен вăл 60 çӳра самăртма уйăрнă. Çĕнĕ çул тĕлне çав сыснасене виçсе пăхсан, вĕсем вăтам шутпа 145 килограмм таякан пулни палăрнă, пурĕ 83,63 центнер тайнă.

«1905 год» колхоз çĕнĕ çул тĕлне государствăна 112 центнера яхăн сысна ашĕ панă тата закуп шучĕпе сутнă.

Ĕçчен свинаркăна Беляева юлташа сысна самăртас ĕçре чи лайăх тĕслĕх кăтартнăшăн колхоз правленийĕ çĕнĕ çула кĕтсе илнĕ кун пурçăн кĕпе парнеленĕ.

Н. ВОЛКОВ.
(Хамăр корр.).

Шупашкарти электроаппаратура заводĕнчи механически цех коллективĕ декабрь уйăхĕн планне виçĕ кун маларах тултарчĕ. Халĕ ку цех коллективĕ партин XX-мĕш съезчĕ умĕнхи ăмăртура куллейхи графика тăтăшах тултарса пырать.
МЦ-1 участокра ĕçлекенсенчен С. Иванова токарь ĕçре пысăк çитĕнӳсем тăвать. Вăл, малта пыракансен меслечĕпе усă курса, куллен виçĕ норма таран тултарать, хăйĕн ĕçри опычĕпе ытти çамрăк производственниксене паллаштарать.
УКĔРЧĔК ÇИНЧЕ: С. Иванова токарь ĕçре.
Г. Зиньков фотоӳкерчĕкĕ.

### Малта пыракан çыхăну кантурĕ

Республикăри çыхăну работникĕсем, КПСС Центральнăй Комитечĕн июльти Пленумĕн решенийĕсене пурнăçлассишĕн кĕрешсе, 1955 çулта çитĕнӳ турĕç. Чылай районсенчи çыхăну кантурĕсем, çыхăну уйрăмĕсемпе агентствисем çултălăкри производство планне срокчен тултарчĕç.

КПСС XX-мĕш съезчĕ ячĕпе çыхăну предприятийĕсем хушшинче пыракан ăмăртура Сĕрпӳ районĕнчи çыхăну кантурĕ уйрăмах паха тĕслĕх кăтартать. Вунпилĕк уйăх хушши пĕрмаях производство планне ирттерсе тултаракан çак коллектив 1955 çулхи задание 15 кун маларах пурнăçа кĕртрĕ. Ĕççыннисен килĕсемпе тĕрлĕ организацисене радио кĕртмелли плана 118 процент тултарнă, тăватă колхоз пĕрлештерсе тăракан 13 яла çĕнĕрен радио кĕртсе панă.

Çак çыхăну кантурĕ, производство планне ăнăçлă тултарса пынипе пĕрлех, предприяти çурчĕсенче культурăллă йĕрке тăвас енĕпе те тăрăшса ĕçлет. 1955 çулта районти хăшпĕр çыхăну пайĕсен çурчĕсемпе склачĕсене тĕпрен юсанă. Çыхăну кантурĕсемпе агентствисем хĕллехи условисенче ĕçлеме малтанах тĕплĕн хатĕрленнĕ.

Çыхăну предприятийĕсем хушшинчи социализмла ăмăрту итогĕсене пăхса тухса, Сĕрпӳ районĕнчи çыхăну кантурне Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе Чăвашоблпрофсовечĕн куçса çӳрекен Хĕрлĕ ялавне тăватă хутчен памалла тунă.

Сĕрпӳ районĕнчи çыхăну работникĕсем, КПСС XX-мĕш съезчĕ ячĕпе ĕç вахтине тăрса, татах та лайăхрах ĕçлеме, çĕнĕ çитĕнӳ тума тăрăшаççĕ. Кунта уйрăмах почтальон Фомичевпа телеграфистка Павлова юлташсем, Ойкассинчи çыхăну кантурĕн начальникĕ Федорова, почта агенчĕ Аминов тата ытти юлташсем кăтартуллă ĕçлеççĕ.

# Демократиллĕ Германи Республикин Президенчĕ Вильгельм Пик юлташ 80 çул тултарнине уявлани

## Берлинра пулса иртнĕ савăнăçлă лару

БЕРЛИН, январĕн 3-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Германи Республикин Президенчĕ Вильгельм Пик 80 çул тултарнă ятпа паян Берлинра Германири Социалистсен пĕрлĕхлĕ партийĕн Центральнăй Комитечĕ, Демократиллĕ Германи Республикин правительстви тата Демократиллĕ Германири Национальнăй фронтăн Наци совечĕ савăнăçлă лару пухнă.

Савăнăçлă лару Нимĕç государство оперин залĕнче пулса иртнĕ. Зала Демократиллĕ Германи Республикин Государство ялавĕсемпе тата рабочисен юхăмĕн хĕрлĕ ялавĕсемпе илемлетнĕ. Сцена çинче—Демократиллĕ Германи Республикин Президенчĕ Вильгельм Пикăн сăнне ӳкернĕ пысăк барельеф.

Президиумра вырăнсене Демократиллĕ Германи Республикин Халăх палати Президиумĕн Председателĕ И. Дикман, Демократиллĕ Германи Республикин премьер-министрĕ О. Гротеволь, премьер-министрăн пĕрремĕш заместителĕ тата Германири Социалистсен пĕрлĕхлĕ партийĕн пĕрремĕш секретарĕ В. Ульбрихт, Демократиллĕ Германи Республикин премьер-министрĕн заместителĕсем В. Штоф, Г. Рау, Л. Больц, О. Нушке, Г. Лох, П. Шольц, Ф. Эльснер, Ф. Зельбман, Б. Лейшнер, Германири Социалистсен пĕрлĕхлĕ партийĕн Центральнăй Комитечĕн Политбюро членĕсем Г. Матерн, К. Ширдеван, Ф. Эберт, Германири социалистсен пĕрлĕхлĕ партийĕн Центральнăй Комитечĕн Политбюро членĕсен кандидачĕсем, Германири Социалистсен пĕрлĕхлĕ партийĕн Центральнăй Комитечĕн секретарĕсем, министрсем, Демократиллĕ Германи Республикин Халăх палати Президиумĕн членĕсем, Демократиллĕ Германири Национальнăй фронтăн Наци совечĕн председателĕ Э. Корренс, Демократиллĕ Германи Республикинчи демократиллĕ партисемпе массăлла организацисен представителĕсем йышăннă. Вĕсем президиумра вырăнсем йышăннă чухне залра халăх тăвăллăн алă çупнă.

Ларусем пулакан залра Демократиллĕ Германи Республикин Халăх палатипе Çĕрсен палатин депутачĕсем, правительство членĕсем, Демократиллĕ Германи Республикинчи производствăра малта пыракансем, наукăпа культура ĕçĕн паллă представителĕсем пухăннă.

Зала Совет делегацийĕ—делегаци руководителĕ, СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ К. Е. Ворошиловпа делегаци членĕсем П. Н. Поспелов, О. В. Куусинен, Е. Д. Стасова тата Г. М. Пушкин, çавăн пекех Китай Халăх Республикин делегацийĕ, ăна Китай Халăх Республикин Председателĕн заместителĕ Чжу Дэ ертсе пырать; Польша Халăх Республикин Государство совечĕн председателĕ, Польшăри рабочисен пĕрлешнĕ партийĕн Центральнăй Комитечĕн Политбюро членĕ А. Завадский ертсе пыракан делегацийĕ, Чехословаки Республикин Чехословакири Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Политбюро членĕ тата Словакири Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн пĕрремĕш секретарĕ К. Бацилек ертсе пыракан делегацийĕ, Венгри Халăх Республикин Венгрири ĕçсыннисен партийĕн Политбюро членĕ тата парти секретариачĕн членĕ И. Ковач ертсе пыракан делегацийĕ, Румыни Халăх Республикин Аслă наци пухăвĕн председателĕ тата Румынири рабочисен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Политбюро членĕ К. Пырвулеску ертсе пыракан делегацийĕ, Болгари Халăх Республикин Халăх пухăвĕн Президиумĕн председателĕ тата Болгарири Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Политбюро членĕ Г. Дамянов ертсе пыракан делегацийĕ, Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Аслă халăх пухăвĕн Президиумĕн председателĕ тата Кĕлĕх партийĕн Центральнăй Комитечĕн Политикăлла совечĕн членĕ Ким Ду Бон ертсе пыракан делегацийĕ, Демократиллĕ Вьетнам Республикин Наци пухăвĕн Президиумĕн председателĕ Тон Дык Тханг ертсе пыракан делегацийĕ, Монголи Халăх Республикин Аслă Халăх хуралĕн Президиумĕн председателĕ Самбу ертсе пыракан делегацийĕ, Албани Халăх Республикин Халăх пухăвĕн Президиумĕн председателĕ Х. Леши ертсе пыракан делегацийĕ, Францири Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн членĕ Марсель Кашен ертсе пыракан делегацийĕ, Великобританири Коммунистсен партийĕн генеральнăй секретарĕ Гарри Поллит ертсе пыракан, Испанири Коммунистсен партийĕн генеральнăй секретарĕ Долорес Ибаррури ертсе пыракан, Австрири Коммунистсен партийĕн председателĕ И. Копленг ертсе пыракан, Швецири Коммунистсен партийĕн председателĕ Х. Хагберг ертсе пыракан делегацийĕсем, çавăн пекех Италири, Бельгири, Голландири, Швейцарири, Исландири, Люксембургри Коммунистсен партийĕсен делегацийĕсен членĕсем пырса кĕрсен, вĕсене пухури çынсем тăвăллăн алă çупса саламланă.

Савăнăçлă ларура Совет Союзĕн Германири çар чаçĕсен главнокомандующийĕ Совет Союзĕн Маршалĕ А. А. Гречко, çавăн пекех дипломатилле корпус членĕсем пулнă.

Президент ложине Демократиллĕ Германи Республикин Президенчĕ Вильгельм Пик пырса кĕрсен, ăна савăнăçлă ларури çынсем нумайччен тăвăллăн алă çупса саламланă.

Демократиллĕ Германири Национальнăй фронтăн Наци совечĕн председателĕ Э. Корренс, савăнăçлă ларăва уçса, саламлă сăмах каланă.

Унтан Э. Корренс Германири Социалистсен пĕрлĕхлĕ партийĕн Центральнăй Комитечĕн пĕрремĕш секретарне В. Ульбрихта сăмах панă. Вăл Вильгельм Пика ăшшăн саламланă.

Демократиллĕ Германи Республикин правительстви ячĕпе, Демократиллĕ Германи Республикинчи пĕтĕм халăх ячĕпе Демократиллĕ Германи Республикин премьер-министрĕ О. Гротеволь саламлă сăмах тухса каланă.

Савăнăçлă ларура Демократиллĕ Германи Республикин Президентне Вильгельм Пика саламласа Демократиллĕ Германи Республикин Халăх палати Президиумĕн председателĕ И. Дикман, Демократиллĕ Германи Республикин премьер-министрĕн заместителĕ тата Христианла-демократсен союзĕн председателĕ О. Нушке, Демократиллĕ Германири Национальнăй фронтăн Наци совечĕн председателĕ Э. Корренс, Германири Коммунистсен партийĕн пĕрремĕш секретарĕ М. Рейман саламлă сăмахсем тухса каланă. Сăмах тухса каланисем пурте Демократиллĕ Германи Республикин Президенчĕ Вильгельм Пик Германи халăхĕн интересĕсемшĕн, миршĕн, халăхсем пĕр-пĕрне ăнланса пурăнмалла тăвасишĕн, милитаризмпа вăрçă политикине хирĕç пыракан кĕрешӳре тава тивĕçлĕ пысăк ĕçсем тунине палăртнă.

Председатель пулса ертсе пыраканĕ Совет делегацийĕн руководительне—СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председательне К. Е. Ворошилова сăмах парать. К. Е. Ворошилов юлташ трибуна çине хăпарсан, савăнăçлă ларури халăх тăвăллăн алă çупать. К. Е. Ворошилов юлташ сăмахне пурте çав тери тимлĕ итленĕ. Вăл сăмах каланă вăхăтра залри çынсем темиçе хут та тăвăллăн, нумайччен алă çупнă.

## К. Е. Ворошилов сăмахĕ

Чун-чĕререн хисеплекен Президент юлташ,
Хаклă Вильгельм Пик юлташ!

Сирĕн мухтавлă пурнăçăр пуçланнăранпа 80 çул çитнĕ май Сире СССР Верховнăй Совет Президиумĕ, Совет Правительстви, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ тата пĕтĕм совет халăхĕ ячĕпе чун-чĕререн саламлама тата ырă сывлăх сунма ирĕк парсамăр. (Нумайччен, тăвăллăн алă çупаççĕ).

Сире — Германири тата пĕтĕм тĕнчери рабочисен юхăмĕн чи ватă тата питех те паллă деятелĕсенчен пĕрне, рабочисемпе хресченсен Германи историйĕнчи пĕрремĕш государстви—Демократиллĕ Германи Республикин, Германие демократи тата мир çулĕпе аталантарса пыма пуçланă государствăн Президентне Совет делегацийĕ чунтан хисеплесе саламлать. (Алă çупаççĕ).

Сирĕн мухтавлă пĕтĕм пурнăç, Эсир туса пыракан пĕтĕм обществăлла-политикăлла ĕç Германири тата пĕтĕм тĕнчери рабочисен юхăмĕпе, Германи халăхĕн пурнăç интересĕсемшĕн, мир, демократи тата социализм ĕçĕшĕн пыракан кĕрешӳпе уйрăлми тачă çыхăнса тăрать.

Рабочи класс ĕçĕшĕн малти ретре кĕрешекен çын пулса, хăвăрăн чаплă пурнăçра утмăл çул ытла Эсир пĕтĕм вăй-хала рабочисен революцилле юхăмне патăр. Германи ĕç халăхĕн пурнăçĕ йывăр пулнă вăхăтсенче Эсир, Карл Либкнехтпа Роза Люксембургăн, Франц Мерингпа Клара Цеткинăн соратникĕсем пулса, вĕсемпе тата Германири мĕнпур прогрессивлă çынсемпе пĕрле, Германи милитаризмĕпе реакцине хирĕç, Германи халăхĕн ирĕклĕхĕшĕн пыракан кĕрешӳĕн пуçĕнче тăтăр. (Нумайччен алă çупаççĕ).

Нимĕç рабочи класĕпе мĕнпур ĕçсыннисене марксизм-ленинизм тата пролетарилле интернационализм шухăшĕ майлă воспитани парса пырса, Эсир Германири рабочисен юхăмне оппортунизмпа ревизионизм тасатассишĕн пĕтĕм вăя хурса кĕрешрĕр, халăхсем хушшинчи туслăха хӳтĕлесе пытăр. Россирĕри 1905 çулхи революцие Эсир Германири рабочисен юхăмĕнче пуринчен те малтан хĕруллĕн ырласа кĕтсе илтĕр. Эсир Октябрьти Социализмла Аслă революцие хавхаланса кĕтсе илтĕр, Германире 1918 çулхи Ноябрьти революци вăхăтĕнче, Германири рабочи класĕн малти паллă деятелĕсемпе пĕрле, революцилле рабочисене ертсе пытăр.

Эсир Германири Коммунистсен партийĕн никĕсне хывакансенчен пĕри пултăр. Коммунистсен партине туса хуни вăл марксизм-ленинизм идейисем çĕнтернине пĕлтерчĕ, Германири рабочисен юхăмĕн историйĕнче улшăну тунă вăхăт пулчĕ. Веймар тапхăрĕнче Германири Коммунистсен партийĕн питех те паллă çулпуçĕпе, асран кайми Эрнст Тельманпа пĕрле Эсир нимĕç рабочи класĕн вăйĕсене пĕтĕçтерсе пытăр, ăна Германи империализмне хирĕç, Германи аталанăвĕн демократилле çул-йĕрĕшĕн пыракан кĕрешĕве çĕклерĕр. Фашизмла реакци тискер çулĕсенче Германири Коммунистсен партийĕ, Сирĕн пек паллă революцилле деятельсем ертсе пынипе, çĕршывра нимĕç рабочийĕсене тата нимĕç халăхĕн мĕнпур прогрессивлă вăйĕсене фашизма хирĕç таткăлăн кĕрешме чĕннĕ пĕртен-пĕр политикăлла парти пулчĕ, çĕршывра фашизма хирĕç тăрассине организацилерĕ.

Германири рабочи класĕн пĕрлĕхне çирĕплетес тата Германири Социалистсен пĕрлĕхлĕ партине туса хурас, экономикăпа обществăлла пурнăçра тĕпренех демократилле улшăнусем тума, Демократиллĕ Германи Республикине ăнăçлă аталантарса тĕреклетме фашизма хирĕç тăракан, демократилле мĕнпур вăйсене пĕрлештерес тĕлĕшпе Эсир тава тивĕçлĕ пысăк ĕçсем тунине нимĕç халăхĕ çеç мар, пĕтĕм тĕнчери ĕçсыннисем те лайăх пĕлеççĕ.

Нимĕç ĕç халăхĕн ирĕкĕпе Германин демократилле пĕрремĕш государстви пуçне тăрса, Эсир, хаклă Пик юлташ, хăвăра сăпайлă тытнăшăн, рабочисемпе мĕнпур ĕçсыннисен нушисем çине сисĕмлĕн те тимлĕн пăхнăшăн, мĕнпур ĕçсене татса панă чухне хăвăрăн принциплăхпа тĕрĕслĕхе кăтартнăшăн Сире Германири ĕçсыннисем хисеплеççĕ тата хĕруллĕн юратаççĕ. Рабочисемпе хресченсен государствин, халăх государствин пуçлăхĕ пулса, халăхпа тачă çыхăнса тăнăшăн Эсир хăвăра тивĕçлĕ авторитетпа усă куратăр, Германи халăхĕн йышлă массисем Сире хисеплеççĕ. Сирĕн мухтавлă ята пĕтĕм прогрессивлă этемлĕх пĕлет. (Нумайччен алă çупаççĕ).

Германири Социалистсен пĕрлĕхлĕ партийĕ ертсе пынипе Демократиллĕ Германи Республики мирлĕ экономикăпа культурăна аталантарас, чăн-чăн демократилле власть, рабочисемпе хресченсен влаçĕ туса хурас тата социализм никĕсĕсене хывас ĕçре кĕске срокрах пысăк çитĕнӳсем турĕ. Демократиллĕ Германи Республикинче калама çук пысăк пултаруллă ĕç туса ирттерни. Ку вăл çак аслă ĕçе рабочи класпа çĕршыври мĕнпур ĕçсыннисем хăйсен пĕтĕм вăйне, таланчĕсене тата пултарулăхĕсене панинчен килчĕ. Фашизма хирĕç тăракан, демократилле мĕнпур партисем тата организацисем Демократиллĕ Германин Национальнăй фронтне пĕрлешнĕ хыççăн çак вăйсем нумай хут ӳсрĕç тата малалла ӳссе пыраççĕ.

Европа варринче чăн-чăн мирлĕ тата ытти халăхсем тĕлĕшпе туслă политика тытса пыракан Демократиллĕ Германи Республики пурри халăхсем хушшинчи мирпе хăрушсăрлăхшăн çав тери паха фактор пулса тăрать. Демократиллĕ Германи Республики пĕрлĕхлĕ, демократиллĕ, мире юратакан тата никама пăхăнмасăр пурăнакан Германи туса хума çирĕп никĕс хучĕ.

Демократиллĕ Германи Республики Германи ыйтăвне Германи халăхĕн интересĕсемпе тата Европăра хăрушсăрлăх тăвас ĕç интересĕсемпе килĕшуллĕн татса пама нумай вăй хурса тăрăшнине мире юратакан мĕнпур халăхсем кăмăллаççĕ тата ырлаççĕ. Германи ыйтăвне татса парасси вăл пуринчен малтан нимĕç халăхĕнчен хăйĕнчен, вăл Германие малалла аталантармалли мирлĕ те демократилле çул-йĕре хӳтĕлесе хăварма, çапла вара хăйне инкеклĕ милитаризмпа вăрçă çул-йĕрĕнчен хăтарса хăварма хатĕр тăнинчен килет.

Эсир, Пик юлташ, яланах рабочисен юхăмĕн речĕсенче рабочи класăн пĕтĕм вăйĕсене хăвăр халăхăн тата пĕтĕм этемлĕхĕн ырă малашлăхĕшĕн кĕрешмешкĕн пĕрлештерме тăрăшнă. Эсир хальхи вăхăтра та, Демократиллĕ Германи Республикин Президенчĕ пулса, пĕтĕм Германири рабочисене тата ĕçсыннисене пĕрлешсе кĕрешме чĕннине, Эсир Федеральнăй Германи Республикинчи социал-демократсен партине, унăн членĕсемпе организацийĕсене пĕрлешсе ĕçлеме алă тăснине, вĕсене Германие мирлĕн пĕрлештерессине ăнăçлăн пурнăçлассишĕн, ăна империализмла державăсен тата вĕсен çар блокĕсен опекинчен хăтарса никама пăхăнман çĕршыв туса хурассишĕн, мирпе демократи тата социализм интересĕшĕн пĕрле тăрăшма чĕннине курма савăнăçлă.

Хаклă Пик юлташ!

Совет çыннисем эсир марксизм-ленинизмпа пролетарилле интернационализм идейисене пурнăçлассишĕн, Германи халăхĕпе совет халăхĕ хушшинчи туслăхшăн, вĕсем пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕçлесе пурăнмалла тăвассишĕн яланах çирĕппĕн тата çине тăрса кĕрешнине пĕлеççĕ, çавăншăн Сире юратаççĕ.

Совет Союзĕн делегацийĕ Сире, хаклă Пик юлташ, тата пĕтĕм Германи халăхне пĕрлĕхлĕ, демократилле, мире юратакан тата никама пăхăнман Германишĕн кĕрешес ĕçре малашне те çитĕнӳсем туса пыма ырă сунать. (Нумайччен тăвăллăн алă çупаççĕ).

Эсир 80 çул тултарнине уявланă кун Совет делегацийĕ Сире тата тепĕр хут хĕруллĕн, пĕтĕм чун-чĕререн саламлать тата Сире лайăх сывлăхлă пулма, Германи халăхĕн ырлăхĕшĕн тата вăл чечекленсе пырассишĕн нумай пурăнма ырă сунать. (Нумайччен алă çупаççĕ).

Сывă пултăр Демократиллĕ Германи Республики тата унăн Президенчĕ Вильгельм Пик! (Нумайччен тăвăллăн алă çупаççĕ. Пурте ура çине тăраççĕ).

Сывă пултăр Германи халăхĕпе Совет Союз халăхĕсен туслăхĕ! (Нумайччен тăвăллăн алă çупаççĕ. Пурте ура çине тăраççĕ).

Юлташсем, СССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕ, СССР Министрĕсен Совечĕ тата Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ пирĕн хаклă Вильгельм Пик патне янă саламлă çырăва вуласа пама ирĕк парсамăр.

### «ДЕМОКРАТИЛЛЕ ГЕРМАНИ РЕСПУБЛИКИН ПРЕЗИДЕНТНЕ ВИЛЬГЕЛЬМ ПИК ЮЛТАША

СССР Верховнăй Совет Президиумĕ, Совет правительстви тата Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ Сире—Демократиллĕ Германи Республикин Президентне, Германири тата пĕтĕм тĕнчери рабочисен юхăмĕн паллă деятельне—Эсир 80 çул тултарнă кун чĕререн салам ярать тата лайăх сывлăхлă пулма ырă сунать.

Сирĕн пĕтĕм обществăлла-политикăлла пурнăç тата государство енĕпе туса пынă ĕçсем Германи халăхĕн интересĕсемшĕн тăрăшнипе, Германие демократилле тата мирлĕ çулпа аталантармалла тăвас ĕçшĕн кĕрешнипе палăрса тăракан яр-уçă тĕслĕх пулса тăрать. Рабочисемпе хресченсен Германи халăхĕн историйĕнчи пĕрремĕш государстви—Демократиллĕ Германи Республики—экономикăпа культурăна аталантарас ĕçре пысăк çитĕнӳсем турĕ тата Германи халăхĕн миршĕн тăракан вăйĕсен шанчăклă тĕрекĕ пулса тăчĕ.

Эсир Германи ĕç халăхĕн тата пĕтĕм тĕнчери рабочисен юхăмĕн марксизм-ленинизмпа пролетарилле интернационализм идейисене пурнăçласа пыраканĕ, халăхсем хушшинчи туслăхшăн, мирпе демократи тата социализм ĕçĕшĕн яланах çирĕппĕн кĕрешекенĕ пулса тăратăр.

Сире, хаклă Пик юлташ, нумай пурăнма тата пĕтĕм нимĕç халăх ырлăхĕшĕн Демократиллĕ Германи Республикине туса пырас ĕçре, ĕçсыннисен пурнăç интересĕсемшĕн, пĕрлĕхлĕ, мире юратакан, демократилле тата никам пăхăнман Германи тăвассишĕн, мирпе тата халăхсен хăрушсăрлăхне çирĕплетес ĕçшĕн кĕрешнĕ çĕрте малашне те çитĕнӳсем тума ырă сунатпăр.

СССР Верховнăй Совет Президиумĕ.
СССР Министрĕсен Совечĕ.
КПСС Центральнăй Комитечĕ».

(Нумайччен тăвăллăн алă çупаççĕ. Пурте ура çине тăраççĕ).

• • •

Унтан савăнăçлă ларура Китай Халăх Республикин делегацийĕн руководителĕ, Китай Халăх Республикин председателĕн заместителĕ Чжу Дэ тухса каланă. Унăн сăмахне ларăва пухăннисем питĕ тимлĕн итленĕ.

Савăнăçлă ларура тата çаксем саламлă сăмах тухса каланă: Польша делегацийĕн руководителĕ А. Завадский; Чехословаки делегацийĕн руководителĕ К. Бацилек; Венгри делегацийĕн руководителĕ И. Ковач; Румыни делегацийĕн руководителĕ К. Пырвулеску; Болгари делегацийĕн руководителĕ Г. Дамянов; Демократиллĕ Корея Халăх Республикин делегацийĕн руководителĕ Ким Ду Бон; Демократиллĕ Вьетнам Республикин делегацийĕн руководителĕ Тон Дык Тханг; Монголи Халăх Республикин делегацийĕн руководителĕ Самбу; Албани делегацийĕн руководителĕ Х. Леши.

Урăх çĕршывсенчи тăванла Коммунистсен партийĕсен представителĕсем Демократиллĕ Германи Республикин Президентне Вильгельм Пика саламласа сăмах тухса каланă: Францири Коммунистсен партийĕн Политбюро членĕ М. Кашен; Испанири Коммунистсен партийĕн генеральнăй секретарĕ Долорес Ибаррури; Великобританири Коммунистсен партийĕн генеральнăй секретарĕ Г. Поллит; Австрири Коммунистсен партийĕн председателĕ И. Коплениг; Данири Коммунистсен партийĕн председателĕ А. Ларсен; Италири, Голландири, Бельгири, Швецири, Швейцарири, Исландири тата Люксембургри Коммунистсен партийĕсен представителĕсем.

## Тăватă орденлă комсомол билечĕ

Январĕн 2-мĕшĕнче Шупашкарта, Советсен çуртĕнче, комсомол документчĕсене улăштарма тытăннă ятпа вечер пулса иртрĕ. Вечера уçса, ВЛКСМ Шупашкар хула комитечĕн секретарĕ И. Выростайкин юлташ çапла каларĕ:

— Паян эсир, комсомолецсем, çĕнĕ комсомол билечĕ илетĕр. В. И. Ленин сăнне ӳкернĕ çак билет çинче тăватă орден ялкăшать. Çав орденсене Ленинла комсомола пирĕн çĕршыври хуçалăхпа строительство ĕçĕсене хастарлă хутшăннăшăн тата Тăван çĕршыва тăшмансенчен хӳтĕлес ĕçре хăюллăхпа паттăрлăх кăтартнăшăн панă.

Вăл комсомолецсене кивĕ комсомол документчĕсене çĕннисемпе улăштарма пуçланă ятпа ырă сунать, комсомол ятне çӳлте тытма чĕнет.

Çамрăксем пĕрин хыççăн тепри комсомол билечĕсем илеççĕ.

Шупашкарти пир-авăр комбинатĕнче ĕçлекен Т. Баранова юлташ, комсомол билетне илсе, çапла калать:

— Ленинла комсомол ретĕнче тăма тивĕçлĕ пулнишĕн эпĕ питĕ савăнатăп. Çак чаплă ята яланах чыса тытма тăрăшăп.

Комсомол документчĕсем илнĕ хыççăн çамрăксем Тăван çĕршывшăн пысăк та пархатарлă ĕçсем тума хатĕрри çинчен пĕр-перинпе чылайччен юлташла калаçса ларчĕç.

ӲКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: ВЛКСМ хула комитечĕн секретарĕ И. Выростайкин юлташ электромеханически техникумра вĕренекен Г. Хоченковăна çĕнĕ комсомол документчĕ илнĕ ятпа саламлать.

И. Никифоров фотоӳкерчĕкĕ.

## Кружокри вĕренӳ

ЭЛĔК. Иккĕмĕш çул ĕнтĕ эпĕ «Правда» колхозра КПСС историне вĕренмелли кружока ертсе пыратăп. Унта пурĕ 12 çын—тăхăр коммунист тата виçĕ комсомолец.

Вĕренĕве эпир вырăнти пурнăçпа тачăн çыхăнтарса пыма тăрăшатпăр. Нумаях пулмасть кружок членĕсем «Коммунистсен партийĕ çĕршыва социализмла индустриализацилессишĕн пынă кĕрешӳре» ятлă темăна вĕренсе пĕтерчĕç. Çак темăна вĕреннĕ чухне колхозра социализмла ăмăрту анлăн сарса ярасси çинчен уйрăмах тĕплĕн каларăм. Тепĕр занятире çак тема тăрăх юлташла калаçу ирттертĕмĕр. Уй-хир бригадин бригадирĕ Г. Якимов юлташ, калаçăва хутшăнса, çапла каларĕ:

— Иртнĕ ялхуçалăх çулĕнче эпир бригадăра социализмла ăмăртăва анлăн сарса ятăмăр. Уя тислĕк кăлартăмăр, тĕрлĕ минераллă удобренисемпе усă куртăмăр, çĕрĕç культурине чылаях ӳстертĕмĕр. Çапла бригада 21 гектар çинчен кашни гектартан 18,5-шер центнер сурхи тулă, 52 гектар çинчен кашни гектартан 18,9-шер центнер сĕлĕ пухса кĕртрĕ.

Ку бригадăра час-часах колхозниксен пухăвĕсем пулса иртеççĕ. Юлашки вăхăтра иртнĕ пухура ялхуçалăх çулĕн итогĕсемпе малашнехи задачăсем çинчен сӳтсе явнă. Колхозниксем малашне те иккĕмĕш бригадăпа ăмăртса ĕçлеме пулнă, конкретлă обязательствăсем илнĕ. КПСС XX-мĕш съезчĕ умĕнхи ăмăртăва хутшăнса, халĕ колхозниксем вăрлăха пĕрремĕш хут сортласа пĕтерет. Пĕрчĕллĕ суперфосфат кирлĕ чухлĕ кӳрсе килнĕ. Кукуруза акмалли çĕр участокне 2.100 лав тислĕк кăларса кĕрхи çĕртме сухи тунă, комсомолецсем пулăшнипе кайăк-кĕшĕк тислĕкĕпе кĕл чылай пухса хатĕрленĕ.

С. Давыдов коммунист выльăх апачĕ хатĕрлекен бригада ĕçĕсем çинчен тĕплĕн каласа пачĕ. КПСС XX-мĕш съезчĕ умĕнхи ăмăртăва хутшăнса, бригада членĕсем хĕрсех çуракине хатĕрленеççĕ—уя тислĕк кăларса, ăна пысăк купасене хунă, 200 лав ытла пĕве юшкăнĕ кăларнă. Халĕ вăрнартан минераллă удобренисем турттараççĕ. Бригада членĕсем фермăсем валли выльăх апачĕ çителĕклĕ хатĕрленĕ. Юлашки вăхăтра ĕнесене çăнăх ярса ăшă шыв ĕçтерессине организациленĕ, витене шыв парса тăрас ĕçе механизациленĕ. Фермăра ĕçлекенсем ĕнесенчен сĕт суса илессине сулахинчи чакармаççĕ. Р. Михайлова, Е. Афиногентова доярккăсем халĕ те сăвакан кашни ĕнерен куллен 7—8-шар литр сĕт суса илеççĕ.

Кружока çӳрекенсем халĕ «Коммунистсен партийĕ ялхуçалăхне коллективизацилессишĕн пынă кĕрешӳре» ятлă темăна пысăк тимлĕхпе вĕренеççĕ. Юлташла калаçусене С. Давыдов, Я. Борисов, С. Шлябин, Ф. Семенов тата Х. Сорокин юлташсем активлă хутшăнаççĕ. Вĕсем колхоз умĕнче тăракан задачăсене пурнăçлама тăрăшаççĕ.

А. ОРЛОВ.
Кружок руководителĕ.

## Пурнăçпа çыхăнтарса

Политикăлла тата наукăлла пĕлӳсем саракан Пĕтĕм Союзри обществăн Вăрнар районĕнчи уйрăмĕ 55 лектора пĕрлештерсе тăрать. Общество членĕсем план тăрăх ĕçлеççĕ. Вĕсем лекцисене пурнăçри тĕслĕхсемпе çирĕплетме, колхоз, бригада е ферма умĕнче тăракан задачăсемпе тачăн çыхăнтарса вуласа пама тăрăшаççĕ. Паллах, лектор теорилле положенисене ĕçпе çыхăнтарса тĕплĕн каласа парсан, итлекенсем лекцие лайăхрах ăнланаççĕ.

Акă, сăмахран, М. Илларионов лектор «Кукуруза—выльăх апачĕ тумалли лайăх культура» темăпа лекци ирттерчĕ. Лекцире вăл «Память Ленина» колхозра кукуруза ӳстерес тĕлĕшпе пухнă опыт çинчен, Кĕçĕн Кипекри вăтам шкулта вĕренекен ачасем кăçал 10 гектар çине кукуруза акса кашни гектартан 450-шар центнер симĕс масса туса илни çинчен каласа пачĕ. Çав культурăна ӳстерес тĕлĕшпе тăрăшса ĕçлесен, ăна районти пур колхозсенче те пысăк тухăçлă туса илме май пуррине лектор конкретлă тĕслĕхсемпе кăтартса пачĕ.

Лекци хыççăн хĕрӳллĕ калаçу пуçланчĕ. Колхозниксем килес çулта кукуруза акма чи лайăх çĕр лаптăкĕсем уйăрасси, халех тислĕк тата минераллă удобрени хатĕрлесси, кукуруза акмалли лаптăка чылай ӳстерме кирли çинчен каларĕç. Вĕсем, партин XX-мĕш съезчĕ умĕнхи социализмла ăмăртăва хутшăнса, çитес çуракине пур енĕпе те кăтартуллă хатĕрленсе çитме пулчĕç.

Илларионов юлташа час-часах колхозниксем хушшинче курма пулать. Вăл уйхир ĕçченĕсене лекцисемпе докладсем вуласа парать, юлташла калаçусем ирттерет. Ноябрь уйăхĕнче вăл «Память Ленина» колхозра «Пĕтĕм Союзри ялхуçалăх выставкин павильонĕсемпе опытлă участокĕсенче» ятлă лекцие кинофильм кăтартса ирттерчĕ.

Иртнĕ çулсенче чылай лекторсем общество ĕçне çителĕксĕр хутшăннă, хăшпĕрисем çулталăк хушшинче пĕр лекци те вуласа паман. Юлашки вăхăтра вĕсен активлăхĕ чылай ӳсрĕ. Вĕсем лекцисемпе докладсене колхоз производствипе, артельсем умĕнче тăракан практикăлла задачăсемпе çыхăнтарса вулама пуçларĕç.

Анчах халĕ лекцилле пропагандăра çитменлĕхсем те пур-ха. Ĕçсыннисем хушшинче, уйрăмах ялсенче, наукăлла атеизмла тата экономикăлла ыйтусем тăрăх лекцисем сахал пулаççĕ, марксизм-ленинизм теорине харпăр хăй тĕллĕн вĕренекенсене пулăшас, ялхуçалăхĕнчи малта пыракансен опытне сарас тĕлĕшпе çителĕклĕ ĕçлени çук.

М. ФИЛИППОВ.

## Партком библиотекинче

КАНАШ. (Хамăр корр.). Чугун çул узелĕнчи партком библиотекине чугун çул çинче ĕçлекенсем йышлăн çӳреççĕ. Ир пуçласа касченех кунтан çын татăлмасть.

Акă библиотекăна пăравус депоĕнче ĕçлекен бухгалтер С. Иванов, слесарь В. Касимцев тата инструментальнăй цех заведующийĕ Н. Золотухин пырса кĕчĕç. Вĕсем вулама илнĕ кĕнекесене пачĕç те урăх кĕнекесем илчĕç, унтан вуламалли зала тухрĕç.

— Çакăнта килсе каймасăр чун чăтмасть,—тет Золотухин юлташ. Ăна чугун çул транспортĕнче малта пыракансен ĕç меслечĕ çинчен калакан кĕнекесем кирлĕ пулнă, вăл—рационализатор.

Активлă вулакансем хушшинче машинистсемпе кочегарсем, стрелочниксемпе осмотрщиксем, составительсемпе грузчиксем пур. КПСС членне С. Крючков юлташа илер. Вăл машинист пулса ĕçленĕ. Халĕ—партбюро секретарĕ, чугун çул транспорчĕн институтĕнче заочно вĕренет, библиотекăри кĕнекесемпе усă курать.

Библиотекăра кашни уйăхрах виçĕ-тăватă лекци е доклад ирттереççĕ. Библиотека сумĕнчи лекторсемпе докладчиксем вырăнсене те çӳреççĕ, чугун çул çинче ĕçлекенсем валли лекцисемпе докладсем туса параççĕ.

Кунта вулакансен конференцийĕсене тăтăшах ирттереççĕ. Нагляднăй агитаци те лайăх йĕркеленĕ. Вуламалли залра кружоксенче тата харпăр хăй тĕллĕн вĕренекенсен мĕнле кĕнекесемпе производенисем вуламаллине кăтартакан списоксем пур. Уйрăм темăсем тăрăх кĕнеке витринисем тунă.

# Тракторсене хăвăртрах юсама мĕн чăрмантарать

Вăрмар машина-трактор станцийĕ иртнĕ çулталăкри ĕçсен планне октябрь уйăхĕ тĕлне тултарнă, пĕр гектар чухлĕ ĕç тума планпа пăхниничен нихĕ тенкĕ сахалрах пĕтĕрнĕ.

Анчах районти чылай колхозсенче тĕштырă сахал—гектартан 7—8 центнер кăна туса илнĕ, çĕрулмипе кукурузăна та питĕ сахал пухса кĕртнĕ. Çакă вăл, чи малтан, машина-трактор станцийĕ колхозсене ситтелĕксĕр пулăшниничен, ялхуçалăх ĕçĕсене вăхăтра туса памасниничен килнĕ.

МТС тракторĕсемпе комбайнĕсем, техникăлла тĕрлĕ сăлтавсене пула, хĕрӳ ĕç вăхăтĕнче чарăнса тăнисем сахал мар пулнă.

— Иртнĕ çул тракторсене лайăх юсаса кăларма май килмерĕ. Мастерской тăвăр пулчĕ, запаслă пайсем те çителĕксĕртерехчĕ,—теççĕ кун пирки сăмах хускатсан МТС руководителĕсем.

Иртнĕ çулхи çитменлĕхсене шута илсе, МТС дирекцийĕ тракторсене юсас ĕçе лайăхрах организацилеме тăрăшнă, çапах та ĕç юлса пырать-ха. Тăваттăмĕш кварталта планпа палăртниничен 10 трактор сахалтарах юсанă.

— Малтанах эпир тракторсене çулталăк тăршшĕпех юсама йышăнтăмăр,—каласа парать МТС-ăн главнăй инженерĕ И. Сергеев юлташ.—Çавна май, механизаторсем августпа сентябрь уйăхĕсенчех 22 трактор юсама тытăнчĕç. Анчах запаслă пайсем çитменни хытă кансĕрлерĕ. Ун чухне юсама пуçланă тракторсенчен паянхи куна çитсе те саккăрăшне çеç юсаса пĕтерайман тĕмĕр.

МТС дирекцийĕ тракторсене узел меслечĕпе юсас ĕç çине сăмаллăн пăхнă. Вăл запаслă пайсене вăхăтра кӳрсе килме тивĕçлипе тăрăшман. Механизаторсем ĕçе тытăннă, анчах тĕрлĕ йышши сверлосем, развертккăсем, фрезасем, груз çĕклемелли оборудовани çителĕксĕр пулни вĕсене ăнăçлă ĕçлеме чăрмантарнă. Хăшпĕр чухне пĕр ĕçе туса пĕтермесĕрех алла тепĕр ĕç тытма тивнĕ. Слесарнăй тисксем суккине пула, трактористсем халĕ те хăйсем тума пултаракан ĕçсенех слесарьсем туса парасса кĕтсе лараççĕ.

Мастерской заведующийĕ С. Акимов юлташ узелсен ĕçне кирлĕ пек йĕркелесе пыраймасть. Пĕр узел çаврăнăçусăр ĕçленине пула тепĕр узелти механизаторсен нумай чухне вăхăта ахаль ирттерме тивет. Çапла, моторсене обкаткăпа испытани тăвакан узелти механизаторсем пĕр кун хушши вăхăта усăсăр ирттернĕ, мĕншĕн тесен мотор валли вентиляторпа карбюратора вăхăтра юсаса ĕлкĕреймен пулнă. Çавăн пекех, 28-мĕш номерлĕ СХТЗ трактора юсаса пĕтересси, сцеплени муфтине воздухоочистителе вăхăтра хатĕрлесе паманнине пула, пĕр кун ытла чарăнса тăнă.

Юсав ĕçĕнчи чăрмавсенчен тепри вăл—ĕç дисциплинине начар пулни. Механизаторсенчен чылайăшĕ юсав ĕçĕсене йĕркеллĕ хутшăнмаççĕ. Ямщиков, Чернов, Руссков тата ытти хăшпĕр трактористсем ку тăрана çитсе те мастерскойра пĕр кун та ĕçлемен. Абрамов, Смирнов тата Черновский механизаторсем ĕçрен час-часах пăрăнса çӳреççĕ, хăйсен ĕçне тивĕçлипе пурнăçлама тăрăшмаççĕ. Васильев токарь хăйĕн ĕçĕ çине ответсăррăн пăхнипе токарнăй станока çĕмĕрсе пăрахнă. Халĕ мастерскойра çакăн йышши пĕр станок кăна ĕçлет, çавăнпа та болтсен, гайкăсен, валсен резьбисене касса ĕлкĕреймеççĕ, çак ĕçе алăпа тума тивет.

МТС дирекцийĕ ĕç дисциплинине пăсакан механизаторсене тивĕçлĕ ответ тыттармасть.

Халĕхи кунсенче МТС-ра 70 ытла механизатор ĕçлет. Нумайăшĕсем таврари ялсенчен килеççĕ. Анчах вĕсене, вырăнта тăма МТС общежитийĕнче вырăн çитмест. Кунта пурĕ те 35 вырăн кăна, çавăнпа та механизаторсенчен чылайăшĕсем урайĕнчех выртса тăраççĕ.

Механизаторсен квалификацине ӳстерессипе те МТС дирекцийĕ сахал интересленет. Хĕллехи вăхăтра механизаторсене уйрăм ĕç вырăнĕсенчи юсав технологине тата механиксене токарь, фрезер ĕçĕсене вĕрентме палăртнă пулнă. Анчах вĕсене вĕрентес ĕçне организациленĕ кружоксем халĕ те тивĕçлипе ĕçлемеççĕ.

— Пур чухне те алă çитерейместпĕр çав, вăхăт çук,—терĕç кун пирки МТС руководителĕсем.

Чăнах та, тракторсене юсассине лайăхрах организацилеме уйрăм ĕçсене механизацилесе çитерменни хытă чăрмантаратьха. Сăмахран, электростанци пайĕ сахал пирки мастерскойри пур оборудование те пĕр вăхăтра ĕçлеттерме çук, уйрăм станоксем час-часах чарăнса лараççĕ, моторсене обкатка тăвассине иккĕмĕш сменăна кăварма тивет. МТС-а «КДМ-46» двигательпе ĕçлекен электростанци кирлĕ. Ку енĕпе ăна Чăваш АССР Ялхуçалăх министерствин те тивĕçлĕ пулăшу памалла.

Вăрмар машина-трактор станцийĕ—республикăри пысăк МТС-сенчен пĕри. Кăçалхи сезонта унăн пурĕ 93 трактор юсамалла. Вăл шутран 70 тракторне механизаторсем КПСС ХХ-мĕш съезчĕ уçăлнă кун тĕлне юсаса пĕтерме йышăннă. Çак обязательствăна ăнăçлă пурнăçлама МТС-ра майсем пур, дирекципе партбюрон механизаторсен ĕçне тĕрĕс организацилеме тăрăшмалла.

**В. ВАСИЛЬЕВ.**

## Пирĕн чысла тивĕç

Иртнĕ çулталăк пирĕн колхоз членĕсемшĕн КПСС Центральнăй Комитечĕн январьти Пленумĕн заданийĕсене ăнăçлă пурнăçлассишĕн кĕрешнĕ çулталăк пулчĕ. 1955 çулта эпир уй-хир ĕçĕсене вăхăтра туса ирттертĕмĕр, çакă вăл тырпул тухăçлăхне ӳстерме пулăшрĕ.

Вылькăх-чĕрлĕх фермисем те ăнăçлăрах ĕçлерĕç. Лайăх пăхнине пула ĕнесен сĕт тухăçлăхĕ чылай ӳсрĕ.

Фермăри выльăхсене хĕл каçарма тĕплĕн хатĕрлентĕмĕр. Витесем çĕнĕ, аслă та ăшă, çутă.

Иртнĕ çулта доярккăсем уйрăмах тăрăшса ĕçлерĕç. Районти доярккăсен социализмла ăмăртăвне хутшăнса, А. Логинова, В. Степанова тата ытти доярккăсем хăйсене çирĕплетсе панă ĕнесенчен кашнинчен пиншер килограмм яхăн сĕт суса илчĕç.

Анчах республикăра малта пыракан колхозсемпе танлаштарсан, пирĕн ĕне фермин çитĕнĕвĕ пурпĕрех çителĕксĕр-ха. Эпир акмалли çĕрсен, улăх-çарансемпе кĕтӳ çӳретмелли вырăнсен кашни 100 гектарĕ пуçне 60 центнера яхăн кăна сĕт суса илнĕ.

Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан Ленин орденлĕ колхоз членĕсен чĕнсе каланипе хавхаланса, пирĕн ферма работникĕсем ĕçри хастарлăхне ӳстерчĕç.

Пирĕн доярккăсем 1956 çулта хăйсене çирĕплетсе панă кашни ĕнерен 1.500 килограмран кая мар сĕт суса илме обязательствăсем йышăнчĕç. Анчах халех çакна калама пулать: ку вăл пирĕн фермăшăн йывăрах мар. Пурте Логинова доярка пек тăрăшса ĕçлесен тата ĕнесене пăхассине лайăхлатсан, эпир çĕнĕ ялхуçалăх çулĕнче кашни ĕнерен 1.600—2.000 килограмран кая мар е тата ытларах та сĕт суса илме, тăван çĕршыва сĕт иртнĕ çулхинчен чылай нумайрах хатĕрлесе пама пултаратпăр.

Пирĕн колхозри выльăх-чĕрлĕх фермисенче ĕçлекенсем Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн ХХ-мĕш съезчĕ умĕнхи социализмла ăмăртăва анлăн хутшăнчĕç. Пирĕн чыслă тивĕç: çĕнĕ ялхуçалăх çулĕнче фермăри йывăр [illegible] механизацилесе çитересси, ĕнесене сĕтеклĕ тата концентратлă апатсемпе тăрантарса тĕрĕс тĕкел хĕл каçарасси пулать.

**Г. КУПРИЯНОВ.**

Сĕнтĕрвăрри районĕнчи Киров ячĕпе тăракан колхозри ĕне фермин заведующийĕ.

# Вăтам шкулта

Комсомольски районĕнчи Урачăкри вăтам шкул юлашки 2—3 çул хушшинче вĕрентӳпе воспитани ĕçĕнче пысăк çитĕнӳсем тунă.

Кунта педагогсем çеç мар, шкулта ĕçлекенсем пурте совет шкулĕн рольне ӳстерессишĕн кĕрешеççĕ.

Акă, тĕслĕхрен, шкул завхозĕ Артемьев юлташ. Вăл çак шкултанах вĕренсе тухнă, кунта виççĕмĕш çул ĕçлет ĕнтĕ. Ăна часчасах вĕренекенсем хушшинче курма пулать.

— Николай Павлович, каласа парăр-ха пире мĕн те пулин?—ыйтаççĕ унран ачасем.

Н. Артемьев Аслă Отечественнăй вăрçăра разведчик пулнă, хăйĕн паттăрлăхĕпе чапа тухнă, унăн кăкăрĕ çинче Совет Союзĕн нумай орденĕсемпе медалĕсем çиçеççĕ. Халĕ шкул завхозĕн ачасене каласа памалли сахал мар. Унсăр пуçне Николай Павлович пур ĕçре те ăста: платник те, столяр та вăл, кăмака тума, кантăк лартма, картинсем ӳкерме пĕлет. Виççĕмĕш çул ĕнтĕ вăл ертсе пыракан çамрăк столярсен кружокĕнче ачасем юратса ĕçлеççĕ, шкул валли тĕрлĕ япаласем тăваççĕ.

Шкулта ĕçлекен учительсем педагогика культурине, вĕрентӳ ĕçĕнчи ăсталăха куллен ӳстереççĕ. Ку тĕлĕшпе шкул директорĕ Юрий Петрович Сокольников коллектива лайăх тĕслĕх кăтартать: вăл аспирантурăра заочно вĕренсе, кандидат минимумĕн экзаменĕсене панă, халĕ диссертаци сырать. Вĕренӳ пайĕн заведующийĕ М. Шалин Хусанти университетран заочно вĕренсе тухнă. Иккĕмĕш çул çеç ĕçлет пулин те, коллективра ăна хисеплеççĕ.

Учительсем пурте малта пыракан педагогсен опытне вĕренме тăрăшаççĕ. Кунта педагогика литературин пур учительсемшĕн те обязательнăй йĕркепе вуласа вĕренмелли минимумне йышăннă, ăна мĕнле вуланине директор тĕрĕслесех тăрать.

Шкулти учительсем уроксем хыççăн та ачасемпе ĕçлеççĕ, ăмăртусем, конкурссем ирттереççĕ. Çавна пула юлашки çулсенче шкул ачисен коллективĕ нумай тĕреклен чĕ. Ку вăл дисциплинăна çирĕплетме, вĕрентӳпе воспитани ĕçне лайăхлатма пулăшрĕ.

Вĕрентӳпе воспитани ĕçĕ шкулта кăна пулса пырать пулсан, эпир ун йышши воспитанилле ĕçе те, вĕрентĕве те ĕненмен пулăттăмăр,—тенĕ В. И. Ленин. Ку шкулти учительсем В. И. Ленин сăмахĕсене яланах асра тытаççĕ.

Вĕренекенсем юлашки çулсенче государствăпа колхозсем валли 20 пин килограмм йĕкел пухса панă. Учительсем ертсе пынипе, ачасем колхоз ĕçне хутшăнаççĕ. Виçĕ çул каялла вĕсем 4 пин ĕçкунĕ, иртнĕ çул 12 пин ĕçкунĕ тунă. Аслăрах классенче вĕренекенсем çу каçиччен 100-шер ĕçкунĕ ытла тăваççĕ.

Аслă классенче вĕренекенсем колхоз хирĕсенче 20 гектар кукуруза акнă, 2,5 гектарне хăйсем пăхса ӳстернĕ. Ку участок районта чи лайăххисенчен пĕри пулнă.

Ачасем ĕçе юратма колхоз ĕçне хутшăннине кăна мар, шкулти нумай тĕрлĕ ĕçсене хутшăннипе те вĕренеççĕ. Шкулăн лайăх сад пур, унта 109 улмуççи. Кашни класăн пахчара хăйĕн участок, кашни йывăççăн хăйĕн шефĕ пур. Ку вăл ачасен ĕçри ответлăх туйăмне хăпартать.

Ачасем хăйсен шкулĕшĕн тăрăшаççĕ. Вĕсем кĕске вăхăтрах 4.000 ансăр планка тунă, вĕсемпе чӳрече кантăкĕсене çапса çирĕплетнĕ. Ал ĕçне вĕренмелли кружокри хĕрачасем 2—3 çул хушшинче 170 чӳрече карри тĕрлесе тунă. Ку шкул ăшчиккине чылай илемлетнĕ. Шкулта кабинетсем пулнан. Комсомолецсем хăйсемех пысăк классенче пӳлĕмсем тунă, халĕ вара хими, физика, биологи кабинечĕсем пур, музей уçнă.

Çамрăк художниксен кружокĕ шкула илемлетес енĕпе ăнăçлă ĕçлет: вĕсем аслă ученăйсен портречĕсене сырнă, картина галерейи тунă.

Калас пулать, учительсем кирек мĕнле ĕçре те ачасемпе пĕрле, ĕçе мĕнле тумаллине кăтартнипе çеç сырлахмаççĕ, пĕрле ĕçлесе ырă тĕслĕх кăтартаççĕ.

Çак ĕçсем ачасене хăйсен шкулне юратма вĕрентеççĕ. Çавăнпа та ĕнтĕ ачасем шкул ĕçне лайăхлатма пулăшакан кирек мĕнле ĕçе те пысăк хаваслăхпа тăваççĕ. Сăмахран, пĕр тĕслĕх илĕпĕр. Кирек хăçан та шкулта дежурнăй парикмахер пур. Вăл аслă класра вĕренекен пĕр-пĕр ача. Парикмахерскинче уйăхра 120—150 ача сӳçне касаççĕ.

Учительсен коллективĕ ачасене халăх хушшинче ĕçлеме хăнăхтарать. Шкулта икĕ хор кружокĕ, халăх инструменчĕсен оркестрĕ, драма, ташă кружокĕсем пур. Çав кружоксен концерчĕсене 100—120-шер ача хутшăнать.

Иртнĕ çулхи сентябрь уйăхĕнче пĕр сумăрлă кун колхоз правленийĕнчен шкула телефон тăрăх çапла пĕлтернĕ: итем çинчи çапнă тырă çăмăрпа йĕпенет. Директор 9-мĕш класа урок вĕçленичченех 3—4 минут маларах пытарта, колхоз пурлăхне хăтарма чĕннĕ. Ачасем хăвăрт пуçтарăнса итем çине чупнă. Итем еннелле чупакан ачасене курсан, киделле утакан хăшпĕр колхозниксем те каялла çаврăннă. Ĕçе туса пĕтерсен, ачасем шкула тулли кăмăлпа таврăннă.

Парти историне çамрăксем тĕплĕ вĕренччĕр, ку вăл вĕсене тĕнчери чи вайлă, чи тĕреклĕ коллектив мĕнле аталанса пынине уççăн кăтартса парĕ, тесе вĕрентнĕ А. С. Макаренко. Аслă педагог калланине шкул коллективĕ пурнăçа кĕртме тăрăшать.

Эпир 10-мĕш «С» класа кĕтĕмĕр. Пысăк мар, анчах тирпейлĕ те çутă пӳлĕм. Стена çинче пысăк таблица. Кунта партин съезчĕсем çинчен кĕскен каласа панă. Вĕсем хăçан пулнă, мĕнле ыйтусем еӳтсе явнă—пурне те вуласа пĕлме пулать. Шкул музейĕнче те парти историйĕ, унăн чаплă ĕçĕсем çинчен калакан материалсем нумай пухнă.

Коммунистсен партийĕн ХХ-мĕш съездне шкул коллективĕ пысăк çитĕнӳсемпе кĕтсе илет. Партин XIX-мĕш съезчĕ хыççăн шкулта политехникăлла вĕренĕве йĕркелес тĕлĕшпе нумай ĕçсем тунă. Электростанципе радиоузела ĕçе янă. Радиоэлектротехникăна, автомобиле вĕренмелли, çамрăк столярсен кружокĕсем лайăх ĕçлеççĕ. Вĕренӳ кабинечĕсем ачасем хăйсем тунă приборсемпе, нагляднăй пособисемпе пуянланса пыраççĕ.

Партин ХХ-мĕш съезчĕ тĕлне шкул коллективĕ пысăк парне хатĕрлет: кунта техника залĕ уçма шут тытнă. Залра тĕрлĕ инструментсем, трактор, автомобиль, ялхуçалăх машинисен пайĕсем, моторсем пулаççĕ.

Урачăкри вăтам шкул коллективĕн ĕçĕсем учительсемпе вĕренекенсем общественноспа тачă çыхăнса ĕçлесен пысăк çитĕнӳсем тума май пуррине кăтартса параççĕ. «Совет шкулĕн коммунизмшăн, пирĕн пĕтĕм халăх кĕрешнĕ пекех, пĕтĕм кăмăлпа, пĕтĕм вăйпа тата паттăрлăхпа кĕрешмелле»,—тенĕ А. С. Макаренко. Вĕсем аслă педагог калланине пурнăçа кĕртсе пыма тăрăшаççĕ.

**Г. ВОЛКОВ.**

Чăваш государство педагогика институчĕн доценчĕ.

## Хутарта шкул уçăлнăранпа 85 çул çитрĕ

ÇĔМĔРЛЕ. Çак кунсенче Хутар шкулне уçăлнăранпа 85 çул тултарчĕ. Çакна май ирттернĕ пуххура шкул историйĕ çинчен А. Х. Таньков юлташ каласа пачĕ. Доклад хыççăн 9-мĕш класра вĕренекенсем спектакль лартрĕç.

Хутар ялĕнче 1934 çултанпа вăтам шкул ĕçлет. Унтан чылай çамрăксем вĕренсе тухнă. Иртнĕ вĕренӳ çулĕнче кăна 71 ача аттестат илчĕ. Халĕ 10-мĕш класра çĕр ача ытла вĕренет.

Шкулта ĕçлекен 43 учительтен 22 учитель çак шкултан вĕренсе тухнă. Учительсен коллективĕ ачасене вĕренӳпе воспитани парас ĕçе лайăхлатассишĕн тăрăшать.

**М. АНУФРИЕВА.**

## Зоотехник канашĕ

# Утă çăнăхĕпе силос—лайăх апат

Сысласене тĕрлĕ апатсемпе тăрантарни, вĕсен рационне утă тата силос ытларах кĕртни вĕсен организмне çирĕплетме, чĕрĕ виçине хăвăрт ӳстерме пулăшать. Хамăр республикăри малта пыракан колхозсен опычĕ çакна лайăх çирĕплетсе парать. Сăмахран, Çĕрпӳ районĕнчи Хрущев ячĕпе тăракан колхозра самăртма хупнă сысласене концентратсемсĕр пуçне сĕтеклĕ, симĕс апатсем тата утă нумай параççĕ. Çапла тăрантарнине пула самăртнă сыснасен чĕрĕ виçи 100 килограмм ытла таять. Иртнĕ ялхуçалăх çулĕнче колхозра кашни сысна аминчен вăтам шутпа 17,9-шер çура илсе çитĕнтернĕ. Акăнакан çĕрсен кашни 100 гектарĕ пуçне 39,2 центнер сысна ашĕ илнĕ. Артелĕн сысна ферминчен илекен çулталăкри тупăшĕ 380 пин тенкĕ шутланать.

Опыт çакна кăтартса парать; сысласене утăпа, сĕтеклĕ апатсемпе тата силоспа тăрантарни концентратсем расходлассине нумай чакарать—кашни килограмм ашăн хăйне ларакан хакĕ те нумай йӳнерехе ларать.

Апла пулин те республикăри нумай колхозсенче сысласене тĕштырăпа тата çĕрулмипе кăна тăрантараççĕ-ха.

Тĕштырăран çеç тăракан рацион сыснасемшĕн питех те çителĕксĕр. Тĕштырăпа çеç тăрантарни хакла ларать, унсăр пуçне тĕштырăра чĕрĕ организма кирлĕ апаласем пурте çук. Тĕслĕхрен, урпапа сĕлĕрен авăртнă çăнăха илер. Вĕсенче кальци тата провитаминсем сахал. Вĕсемпе кăна тăрантарсан сыснасем начар ӳсеççĕ, хĕсĕр амасен шăчĕ те пысăк пулать. Пĕтĕ амасем хырăм пăрахма пултараççĕ е имшерке çурасем туса параççĕ.

Рациона тĕштырăсемсĕр пуçне утă тата силос кĕртни сысласене, уйрăмах çамрăк çурасене, хăвăрт ӳсме пулăшать.

Мĕнре-ха утăпа сĕтеклĕ апатсен усси? Чĕрĕ организма чи кирлисем—белок, минераллă тăварсемпе витаминсем. Утăпа силосра шăпах çав апаласем нумай.

Танлаштарса пăхма вăтам пахалăхлă утă тата сĕлĕ илĕпĕр. Сĕлĕн кашни апат единицинче 70—75 грамм белок, 1,4—1,5 грамм кальций, 1,5—2 миллиграмм каротин пур. Анчах кунта организма питĕ кирлĕ Д витамин çук. Утăра вара йăлтах урăхла. Унăн кашни апат единицинче 120—140 грамм белок, 20—24 грамм кальций, 70—100 миллиграмм каротин пур, Д витамин та кирлĕ чухлех. Çапла вара чĕрĕ организма кирлĕ апаласем утăра сĕлĕринчен нумай ытларах.

Паллах, сакă вăл концентратсемсĕрех сысласене усрама пулать тенине пĕлтермест, сысласене тĕштырăпа тăрантарнă вăхăтрах утă тата силос ытларах пама кирлине çирĕплетсе парать.

Сысласене çитерме чи лайăх утă вăл—люцерна утти. Унта тутлăхлă апаласем, минераллă тăварсем тата витаминсем нумай. Люцерна çук колхозсенче ытти йышши курăксен уттипе усă курмалла.

Колхозсенче тĕрлĕ пахалăхлă утă пур. Сысласене çитерме вара лайăххрах пахалăхлă, симĕс утă уйăрса памалла.

Сысласене утăпа тăрантарнин усси ăна мĕнле хатĕрлесе панинчен те нумай килет. Хăшпĕр çĕрте сысласене утăна çаплипех пăрахса параççĕ, çавна пула, паллах, вăл усăсăр нумай тăкаланса пĕтет. Утăна çăнăх пек вĕтетсе пани пуринчен те лайăх, ăна сыснасем юратса çиеççĕ, вăл организмра та часах ирĕлет. Утă çăнăхĕ хăйĕн тутлăхĕпе вакласа вĕтетнĕ утăран нумай пахарах.

Утăна МДУ-4 маркăллă универсальнăй арманпа е ДКА-1,2 маркăллă кормодробилкăпа авăртма пулать. Утă çăнăхне 15—20 кунлăх хатĕрлемелле, типĕ вырăнта хытă чыхса тултарнă михĕсенче упрамалла. Витаминсем ытларах пулччăр тесен, утă çăнăхне пĕçерме юрамасть, пăспа çемçетсен те нумай вăхăт хушши тытмалла мар. 1 килограмм çăнăха 3 литр 60 градус таран вĕри шывпа хутăштармалла. Çакăн пек хатĕрленĕ утă çăнăхĕн шывне сысласене ытти йышши апатпа пĕрле парсан лайăхрах.

Колхозра мĕнле те пулин сăлтавпа утăран çăнăх тума май килмест пулсан, ăна улăм турамалли машинăпа вакласа вĕтетмелле. Вĕтетнĕ утăна сысласене пама тытăниччен 1—1,5 сехет маларах каткасенче вĕри шывпа шӳтернелле, ытти апатсемпе хутăштармалла.

Утă çăнăхне çитерме сысласене майĕпе хăнăхтарса пымалла. 6—8 кун хыççăн тин тулли нормăпа пама юрать. Амăшĕн чĕччине ĕмекен сысна çурисене лайăх хатĕрленĕ утă çăнăхне малтан талăкне 25—30 грамм, амăшĕнчен уйăрма вăхăт çитнĕ çĕре (2 уйăх) 150 грамм памалла. Утă çăнăхне талăкри апат рационне çак виçепе кĕртмелле: амăшĕсенчен уйăрнă çурасене—0,6 килограмм, хĕл каçакан çамрăк сысласене—2 килограмм, пĕтĕ амасене 2—3,5 килограмм, ĕмĕртекен амасене—3 килограмм. Самăртма хупнă сысласене талăкра 1,5—2,5 килограмм утă çăнăхĕ памалла.

Сысласене хĕллехи вăхăтра тăрантармалли рационра сĕтеклĕ апатсем, уйрăмах силос пысăк вырăн йышăнса тăмалла. Силос—сыснасем валли чи сĕтеклĕ апат, вăл тутлăхлă апаласемпе, минераллă тăварсемпе тата витаминсемпе пуян. Силоса сысласене тӳрех нумай памалла мар, нормăна майĕпен ӳстерсе пымалла. Кайран çитĕннĕ сысласене талăкра 5 килограмм таран пама юрать.

Силосра кислотасем нумай. Вĕсем организма сиен ан кӳччĕр тесен, сысласене талăкра 15—40 грамм пурă памалла.

Сысласене силоспа тăрантарнă чухне апат валашкисене уйрăмах таса тытма кирлĕ, çимесĕр юлнă силоса çийĕнчех тасатмалла. Валашкасене уйăхра 2—3 хут дезинфекци тумалла.

Сысласене утă çăнăхĕпе тата силоспа тăрантарни колхозсене пысăк усă кӳрет. Çавна шута илсе, ялхуçалăх специалисчĕсем пулăшнипе çак ĕçе кашни колхозрах йĕркелесе ямалла.

**А. ФЕДОРОВА.**

## 1954—1955 ялхуçалăх çулĕнче „Республикăри чи лайăх свиновод" ятне илнĕ колхозниксем

(Юлашки. Пуçламăшĕ «Коммунизм ялавĕ» хаçатăн иртнĕ номерĕнче).

| Хушаматсем | Колхозсем | Район | Ама çирĕплетсе панă | Пĕр амаран çура пăхса ӳстернĕ |
|---|---|---|---|---|
| З. Ф. Юнусова | «Сталинец» колхоз | Муркаш | 10 | 18,0 |
| А. А. Михайлова | «1905 год» колхоз | Çĕрпӳ | 10 | 18,0 |
| Н. И. Вазанова | «Красный луч» колхоз | Улатăр | 9 | 18,0 |
| В. А. Сидякин | Ленин ячĕпе тăракан колхоз | Пăрачкав | 9 | 18,0 |
| А. А. Соболев | «Новая жизнь» колхоз | Çĕрпӳ | 9 | 18,0 |
| В. П. Шамбулина | «Красное Сормово» колхоз | Комсомольски | 8 | 18,0 |
| А. М. Мульндина | Ленин ячĕпе тăракан колхоз | Пăрачкав | 8 | 18,0 |
| А. Я. Титова | «Герой» колхоз | Вăрмар | 8 | 18,0 |
| Н. М. Михайлова | Хрущев ячĕпе тăракан колхоз | Çĕрпӳ | 8 | 18,0 |
| Е. К. Константинов | Маленков ячĕпе тăракан колхоз | Етĕрне | 10 | 17,9 |
| М. А. Птичнова | «Путь Ильича» колхоз | Улатăр | 10 | 17,8 |
| Т. Я. Краснова | «Звезда» колхоз | Октябрьски | 13 | 17,7 |
| А. А. Степанова | Маленков ячĕпе тăракан колхоз | Етĕрне | 8 | 17,7 |
| О. С. Виноградова | «Гвардеец» колхоз | Калинино | 8 | 17,6 |
| К. Е. Егорова | Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз | Элĕк | 9 | 17,3 |
| М. И. Ильина | «Канаш» колхоз | Канаш | 8 | 17,2 |
| Н. И. Иванова | «Красный Октябрь» колхоз | Шăхасан | 8 | 17,2 |
| Е. С. Налимова | «Колос» колхоз | Сĕнтĕр | 8 | 17,1 |
| Н. Д. Долгова | Маленков ячĕпе тăракан колхоз | Первомайски | 15 | 17,0 |
| О. М. Терентьева | Маленков ячĕпе тăракан колхоз | Первомайски | 15 | 17,0 |
| Е. Т. Тимофеева | «Правда» колхоз | Калинино | 12 | 17,0 |
| Е. А. Никонорова | «Красный флот» колхоз | Шупашкар | 11 | 17,0 |
| М. Е. Кудрова | Ленин ячĕпе тăракан колхоз | Çĕмĕрле | 11 | 17,0 |
| А. М. Анисимова | «Пионер» колхоз | Первомайски | 10 | 17,0 |
| Н. Ф. Петрова | «Красный флот» колхоз | Шупашкар | 10 | 17,0 |
| М. В. Васильева | Сталин ячĕпе тăракан колхоз | Тăвай | 10 | 17,0 |
| Р. Д. Данилова | Хрущев ячĕпе тăракан колхоз | Канаш | 7 | 17,0 |
| Н. И. Иванов | Мичурин ячĕпе тăракан колхоз | Шăхасан | 7 | 17,0 |
| Д. Г. Соболева | «Первомайский» колхоз | Улатăр | 10 | 16,9 |
| Н. Н. Логунова | «Первомайский» колхоз | Улатăр | 10 | 16,7 |
| Л. Ф. Романова | Маленков ячĕпе тăракан колхоз | Етĕрне | 10 | 16,7 |
| В. В. Давыдова | «Гвардеец» колхоз | Чкаловски | 10 | 16,6 |
| З. Ф. Иванщикова | «Колос» колхоз | Сĕнтĕр | 9 | 16,6 |
| А. С. Тепеева | «Новая Юнга» колхоз | Сĕнтĕр | 9 | 16,6 |
| В. Г. Улангина | «Восток» колхоз | Чкаловски | 8 | 16,6 |
| Ф. З. Захарова | Мичурин ячĕпе тăракан колхоз | Шăхасан | 10 | 16,5 |
| А. И. Куропаткина | «Красный Октябрь» колхоз | Шăхасан | 10 | 16,4 |
| Е. И. Иванова | «Канаш» колхоз | Канаш | 9 | 16,2 |
| Р. Я. Ишмина | «Восток» колхоз | Чкаловски | 8 | 16,2 |
| М. П. Порфирьева | Сталин ячĕпе тăракан колхоз | Вăрмар | 10 | 16,1 |
| М. Е. Евсеева | Свердлов ячĕпе тăракан колхоз | Советски | 11 | 16,0 |
| Р. П. Куликова | «Победа» колхоз | Улатăр | 11 | 16,0 |
| Е. М. Гришанова | Чапаев ячĕпе тăракан колхоз | Шупашкар | 10 | 16,0 |
| Р. И. Ильина | Сталин ячĕпе тăракан колхоз | Шăхасан | 10 | 16,0 |
| М. И. Иванова | Сталин ячĕпе тăракан колхоз | Вăрмар | 10 | 16,0 |
| Т. П. Никитина | «25 лет Октября» | Тăвай | 8 | 16,0 |
| З. М. Климова | «Красный луч» колхоз | Улатăр | 70 сысна самăртнă, кашнин чĕрĕ виçи 113,8 килограмм тайнă. | |

## Акăнакан çĕрсен 100 гектарĕ пуçне сысна ашĕ нумайрах илнĕ фермăсен заведующийĕсем

| Хушаматсем | Колхозсем | Районсем | Акăнакан çĕрсен 100 гектарĕ пуçне сысна ашĕ илнĕ (центнерпа) |
|---|---|---|---|
| П. П. Пупин | Сталин ячĕпе тăракан колхоз | Вăрнар | 40,5 |
| А. М. Михайлов | Хрущев ячĕпе тăракан колхоз | Çĕрпӳ | 39,2 |
| П. И. Юхтанов | Буденный ячĕпе тăракан колхоз | Етĕрне | 26,7 |
| М. А. Царев | Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз | Елчĕк | 24,5 |
| И. С. Огурцов | Сталин ячĕпе тăракан колхоз | Муркаш | 24,3 |
| В. К. Акчурин | «Красная звезда» колхоз | Комсомольски | 19,7 |
| П. П. Жигалов | «Победа» колхоз | Улатăр | 16,0 |
| М. А. Антонова | «Канаш» колхоз | Канаш | 15,85 |
| С. И. Логунов | «Красный луч» колхоз | Улатăр | 15,4 |
| В. И. Степанов | «Красная поляна» колхоз | Первомайски | 14,8 |
| И. А. Донсков | «Сталинец» колхоз | Муркаш | 14,7 |
| Н. О. Осипов | «Восток» колхоз | Чкаловски | 12,8 |
| М. В. Васильев | Хрущев ячĕпе тăракан колхоз | Вăрнар | 12,8 |
| И. Н. Тимонин | «Новая жизнь» колхоз | Çĕрпӳ | 10,7 |
| М. Е. Дрезин | «1905 год» колхоз | Çĕрпӳ | 10,3 |
| М. П. Филиппов | Киров ячĕпе тăракан колхоз | Сĕнтĕрвăрри | 10,3 |
| К. В. Анисимова | Мичурин ячĕпе тăракан колхоз | Чкаловски | 10,1 |
| М. П. Паркин | Энгельс ячĕпе тăракан колхоз | Хĕрлĕ Чутай | 8,8 |
| М. С. Кузнецов | Ленин ячĕпе тăракан колхоз | Хĕрлĕ Чутай | 8,8 |
| Ф. Н. Никитин | «Правда» колхоз | Элĕк | 8,4 |
| А. Я. Салмин | «Гигант» колхоз | Комсомольски | 8,1 |
| И. Л. Константинова | «Новая жизнь» колхоз | Хĕрлĕ Чутай | 8,0 |

## 1954—1955 ялхуçалăх çулĕнче „Республикăри чи лайăх птичница" ятне илнĕ чăх-чĕп пăхакансем

| Хушаматсем | Колхозсем | Районсем | Кашни чăхран çăмарта илнĕ |
|---|---|---|---|
| К. В. Замятина | Сталин ячĕпе тăракан колхоз | Муркаш | 127 |
| В. А. Турилова | Сталин ячĕпе тăракан колхоз | Муркаш | 127 |
| А. А. Димитриева | Сталин ячĕпе тăракан колхоз | Муркаш | 127 |
| М. К. Шатрова | Буденный ячĕпе тăракан колхоз | Етĕрне | 110 |
| А. И. Лаптева | Буденный ячĕпе тăракан колхоз | Етĕрне | 110 |
| И. Г. Григорьева | «Цивильстрой» колхоз | Çĕрпӳ | 104 |
| Т. А. Архипова | «Правда» колхоз | Калинино | 100 |
| З. П. Кожевникова | «Гвардия» колхоз | Сĕнтĕр | 100 |
| В. В. Юхтанова | Буденный ячĕпе тăракан колхоз | Улатăр | хăйне çирĕплетсе панă 1.500 чĕппе тĕрĕс-тĕкел пăхса ӳстернĕ. |

## 1954—1955 ялхуçалăх çулĕнче „Республикăри чи лайăх овцевод" ятне илнĕ сурăх пăхакансем

| Хушаматсем | Колхозсем | Районсем | 100 сурăхран путек ӳстернĕ |
|---|---|---|---|
| А. В. Миронов | Буденный ячĕпе тăракан колхоз | Етĕрне | 110 |
| И. М. Перевезенцев | Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз | Етĕрне | 110 |
| А. И. Бурашников | Маленков ячĕпе тăракан колхоз | Етĕрне | 112 |
| К. П. Бурашникова | Маленков ячĕпе тăракан колхоз | Етĕрне | 112 |
| Ю. С. Бурцева | Молотов ячĕпе тăракан колхоз | Октябрьски | 154 |
| З. Д. Разумова | Молотов ячĕпе тăракан колхоз | Октябрьски | 143 |
| Л. Е. Егорова | Молотов ячĕпе тăракан колхоз | Октябрьски | 124 |
| М. Е. Боголюбова | Сталин ячĕпе тăракан колхоз | Муркаш | 110 |
| М. И. Миронова | Сталин ячĕпе тăракан колхоз | Муркаш | 110 |
| А. И. Макарова | Сталин ячĕпе тăракан колхоз | Муркаш | 110 |
| Н. А. Андреева | Сталин ячĕпе тăракан колхоз | Муркаш | 110 |
| А. И. Иванова | Сталин ячĕпе тăракан колхоз | Муркаш | 110 |
| А. П. Арсентьева | Сталин ячĕпе тăракан колхоз | Муркаш | 110 |
| Н. Т. Башкирова | Жданов ячĕпе тăракан колхоз | Вăрмар | 118 |
| Н. П. Терентьева | Сталин ячĕпе тăракан колхоз | Вăрмар | 112 |
| Ф. А. Афанасьев | «Броневик» колхоз | Вăрмар | 110 |
| Н. Б. Недерова | Сталин ячĕпе тăракан колхоз | Вăрмар | 126 |

## ССР Союзěпе Федеративнăй Югослави Халăх Республики ядернăй физика енěпе тěпчев ěçěсене вăйлатас тата атом энергийěпе мирлě ěçре усă курас енěпе пěр-пěрине çыхăнса ěçлесси çинчен

Çак кунсенче экономикăлла çыхăнусем тытас енěпе ěçлекен Главнăй Управлениие Федеративнăй Югослави Халăх Республикин Мускава килнě делегацийě кушшинче пынă калаçусем вěçленнě. Югослави делегацине Государствăн ют çěршыв ěçěсем енěпе ěçлекен секретариачěн полномочнăй министрě Франц Кос ертсе пынă. ССР Союзěпе Федеративнăй Югослави Халăх Республики ядернăй физика енěпе тěпчев ěçěсене вăйлатас тата атом энергийěпе мирлě ěçре усă курас енěпе пěр-пěрине килěштерсе ěçлесси çинчен калаçусем пулса иртнě.

Калаçăва çавăн пекех совет ученăйěсемпе специалисчěсем хутшăннă. Калаçусем вăхăтěнче икě çěршыв пěр-пěрине килěштерсе ěçлессипе çыхăннă конкретлă ыйтусене сўтсе явнă: специальнăй тата научнăй литературăна пěр-пěрине улăштарса илесси çинчен, Югославире тăвакан сăнавлă атом хуранěн проекчěсене тума, ун валли оборудовани хатěрлеме, ăна вырнаçтарса йěркелеме, атом хуранне ěçе яма наукăпа техника тěлěшěнчен пулăшасси çинчен, ССР Союзěнчен Югославие сапаланса пайланакан материалсем тата ытти япаласем тăратасси çинчен, ССР Союзне Югослави специалисчěсене совет çěршывěн наукăпа тěпчев центрěсенчи ěçсемпе паллашма тата çав ěçсене тунă çěре хутшăнма, çавăн пекех Югославие совет специалисчěсене унти атом энергийěпе халăх хуçалăхěнче усă курмалла тăвас енěпе ěçлекен наукăпа тěпчев центрěсен ěçěсемпе паллашма тата çав ěçсене тунă çěре хутшăнма ярасси çинчен.

Югослави делегацийě Совет Союзěнчи атом энергийěпе мирлě ěçре усă курмалли майсене тěпчекен научнăй учреждениесене кайса курса, вěсенчи ěçсемпе паллашнă, сăнавлă атом хуранěсем, атом сапаланса пайланассине хăвăртлатакан машинăсем тата атомлă электростанци мěнле ěçленипе курнă.

Делегаци членěсене Геологии тата çěр айěнчи пуянлăхсене сыхлас ěçěн министрě Антропов юлташ йышăннă. Вăл делегаци членěсене çěр айěнчи усăллă япаласене шыранă çěрте усă куракан меслетсемпе тата аппаратсемпе, çавăн пекех тата Совет Союзě çак ěçре тунă çитěнўсемпе паллаштарнă.

Калаçусем пулса иртнě май Икě енě ССР Союзěпе Федеративнăй Югослави Халăх Республики ядернăй физика енěпе тěпчев ěçěсене аталантарас тата атом энергийěпе мирлě тěллевсене пурнăçлама усă курас ěçре пěр-пěрине çыхăнса ěçлесси çинчен тумалли Килěшěвěн проектне хатěрленě, ун пирки калаçса татăлнă. Проект çине Белградра алă пусмалла.

Калаçусем пěр-пěрне ăнланса илнипе тата туслăн пулса иртнě.

## Франции Наци пухăвне суйлани çинчен

ПАРИЖ, январěн 3-мěшě. (ТАСС). Метрополи территорийěнчи 103 суйлав округěнчен 97 округра январěн 2-мěшěнче Наци пухăвне суйланă чухне сасăсем мěнле пайланни çинчен Франции шалти ěçсен министерстви çапла пěлтерне: регистрациленисен шутěнче пурě 23.484.193 суйлавçă, урăхла каласан, 1951 çулхинчен 1.716,336 çын нумайрах. Сасăлама 19.382.596 çын, урăхла каласан, иртнě суйлаврингчен 1.992.072 çын нумайрах хутшăннă. 18,805.652 бюллетене тěрěс тесе йышăннă.

Ку округсенче сасăсем çапла пайланнă: Коммунистсен партийě—4.711.077 сасă (25 процент), иртнě суйлаврипе танлаштарсан, 317.374 сасă нумайрах илнě, социалистсем—2.927.173 сасă (15,5 процент), сулахайри тěрлě ушкăнсем—298.095 сасă (1,5 процент), радикал-социалистсемпе «сулахайри республиканецсен пěрлешěвě» — 2.438.183 сасă (12,8 процент), МРП партийě—2.130.044 сасă (11,3 процент), «независимăй республиканецсем» тата «умереннăй ушкăнсем» текенскерсем—2.660.982 сасă (13,9 процент), «социальнăй республиканецсем»—816,629 сасă (4,3 процент), «суту-илў тăвакансемпе ремесленниксене хўтěлес тěлěшпе ěçлекен союз» («Пужадистсем»)—2.306.890 сасă (12,1 процент) илнě. Ытти суйлавçăсем тěрлě вак ушкăнсемшěн сасăланă.

ПАРИЖ, январěн 5-мěшě. (ТАСС). Шалти ěçсен министерстви метрополири 103 суйлав округěнчен 102 округра сасăсем мěнле пайланнине кăтартса паракан сведенисене пичетлесе кăларнă. Регистрациленисен шутěнче пурě 26.353.278 суйлавçă, 1951 çулхи суйлаврингчен 2.179.133 сасă ытларах. Сасăлама 21.794.974 çын хутшăннă. 4.558.304 суйлавçă (17,2 процент) нихăш майлă та сасăламан. 21.138.159 бюллетене тěрěс тесе йышăннă.

Сасăсем çапла пайланнă: Франции Коммунистсен партийě 5.426.803 сасă (25,6 процент) илнě, 1951 çулхи суйлаврингчен 415.551 сасă нумайрах пухнă; социалистсен партийě—3.171.985 сасă (15 процент), сулахайри тěрлě ушкăнсем—354.778 сасă (1,6 процент), радикал-социалистсем тата «сулахай республиканецсен пěрлешěвě»—2.919.412 сасă (13,6 процент), МРП—2.261.676 сасă (10,6 процент), «независимăй республиканецсем» тата «умереннăй ушкăнсем»—3.008.487 сасă (14,1 процент), «социальнăй республиканецсем»—893.811 сасă (4,2 процент), «суту-илў тăвакансемпе ремесленниксене хўтěлес тěлěшпе ěçлекен союз» («Пужад юхăмě»)—2.413.240 сасă (11,4 процент) илнě.

Ытти сасăсем сылтăмри вак ушкăнсем хушшинче пайланнă.

## Франции Коммунистсен партийěн заявленийě

ПАРИЖ, январěн 4-мěшě. (ТАСС). Ěнер каçхине Франции Коммунистсен партийě Наци пухăвěн кăçалхи январěн 2-мěшěнчи суйлавěн результачěсем çинчен тунă заявление пичетлесе кăларнă. Вăл çакна палăртать; Коммунистсен партийěн кандидачěсемшěн, 1951 çулхи июнь уйăхěнче пулнă парламент суйлавěнчипе танлаштарсан, 400 пин суйлавçă ытла нумайрах сасăланă, халě вăл унчухнехинчен 54 мандат нумайрах илнě. Коммунистсен партийě хăйěн кандидачěсемпе программишěн, ěççыннисен пěрлěхěшěн, çěнě Халăх фрончěшěн сасăланă гражданинсемпе гражданкăсене 5,5 миллион çынна хěрўллěн тав тăвать. Халăх фрончě вăл Франци политикине улăштармалли условисем пулса тăрать. Январěн 2-мěшěнчи суйлав хыççăн çак фронта туса хума май килет.

«Суйлав результачě, — тенě Коммунистсен партийěн заявленийěнче, — çакна кăтартса парать: халăх правительствăн реакци, чухăнлăх тата вăрçă политикине, демократилле ирěклěхсемшěн пысăк хăрушлăх туса хўрса фашизма пулăшакан политикăна пěтересшěн.

Çак политикăна сивлесе, унăн чылай представителěсене хăваласа кăларса, хăйсен сасисене Коммунистсен партине çеç мар, социалистсен партине тата правительство çине тăшманла пăхни çинчен пěлтернě сулахайри ытти ушкăнсене те парса, суйлавçăсем Франци халăхě социальнăй прогресс, демократи тата мир политики тытса пыма тăрăшнине кăтартса пачěç.

Эпир союз тăвасси çинчен кăларса тăратнă сěнěве социалистсен партийě йышăннă пулсан, çапла сулахаялла пăрăнни татах та вăйлăнрах палăрнă пулěччě. Çакна ăна Вогезы тата Крез департаменчěсенче пěрлěхлě списоксем çěнтерни усçăн кăтартса парать.

Кирек мěнле пулсан та, çакăн пек политикăшăн, çакăн пек улшăнусемшěн тăракансем (коммунистсем, социалистсем тата ытти республиканецсем) çěнě Наци пухăвěнче ыттисенчен пысăкрах вырăн йышăнса тăраççě. Анчах кунта пěр услови— вěсем пěр-пěрипе калаçса татăлни кирлě. Çапла ěнтě, хальхи вăхăтра Алжирти вăрçа мирлě майпа чарса лартма, ěç халăхěн пурнăç условийěсене лайăхлатма, вěрентěвěн гражданла, тěнпе çыхăнман системине пěтěмпех çěнěрен кăларса тăратма, сăтăрлă мероприятисене хирěç çěнтерўллěн кěрешме, халăха хăйěн кăмăлне каякан правительство туса пама май пур.

Çавăн пекех реакцин çěнě маневрěсене пўлсе лартма та май пур. Реакци хăйěн сиенлě ěçне малалла туса пымашкăн социалистсен партийěпе радикалсен партине хăйěнпе пěрлешме сěнет.

Халě тин кăна суйланă Наци пухăвěнче вăйсем çапла пайланнине кура улшăнусем тума май паракан условисем пулса тăчěç. Анчах та коммунистсемсěр, вěсен 150 депутачěн пулăшăвěсěр паян, ěнерхи пекех, сулахайра тăракансен ытларахăшě сулахаялла илсе пыракан политика пулма пултараймасть. Франции Коммунистсен партийě халăхпа çěршывăн интересěсене тивěçтерекен çěнě политика, январěн 2-мěшěнчи суйлав вăхăтěнче палăрнă тěллевсемпе килěшсе тăракан политика тытса пырасси çинчен хăй социалистсен партийěне калаçса татăлма хатěр тăнине çěнěрен çирěплетсе парать. Коммунистсен партийě çавăн пек тěллев тытакан ытти сулахайри ушкăнсемпе те союз тума хатěр тăрать.

Çавăн пек союз тума кирлě, ăна кирек мěнле пулсан та тăвасах пулать. Пирěн парти хăйěн суйлав хыççăн ўснě вăйěсемпе çак тěллеве пурнăçлама усă курать.

Çěнě çул умěн Франции Коммунистсен партийě хăйне шаннă суйлавçăсене хăйěн ротне кěме, унăн хăватне ўстерме, çапла вара халăхпа наци ěмěчěсене пěр тăхтаса тăмасăрах пурнăçлас ěçе çăмăллатма чěнет.

Франци политикине улăштарассишěн, социальнăй прогресна демократишěн, наци никама пăхăнмасăр пурăнмалла тăвассишěн тата миршěн! Сывă пултăр Халăх фрончě!».

## Франци халăхě Америка политикине йывăр поражени кўнě

### АМЕРИКĂРИ ХАÇАТСЕМ ФРАНЦИРИ СУЙЛАВ РЕЗУЛЬТАЧĚСЕМ ÇИНЧЕН

НЬЮ-ЙОРК, январěн 5-мěшě. (ТАСС). Америкăри хаçатсем мěн çырнине пăхсан, çакă курăнать: Франции суйлавра демократилле вăйсем тунă çěнтерěве США-ри паллă ушкăнсем усçăнах шикленсе тата тарăхса кěтсе илнě.

«Нью-Йорк геральд трибюн» хаçатăн корреспонденчě Керр Вашингтонран çапла пěлтерет: «Франции Наци пухăвěн суйлавěн результачěсем Америкăн официальнăй представителěсене хытă пăшăрхантараççě». «Нью-Йорк таймс» хаçат çапла кăтартса парать: халěхе государство департаменчě официальнăй йěркепе нимěн те каламасть пулсан та, унăн сотрудникěсем хăйсем пăшăрханнине пытарса тăраймаççě.

«Нью-Йорк таймс» хаçатăн Парижри корреспонденчě Хэмфри çапла çырать: хěвеланăçěнчи державăсен Франции дипломачěсем суйлав результачěсене «питě пăшăрханса тата шикленсе» кěтсе илнě.

Франции суйлава нумай корреспондентсем çапла хаклаççě: çак суйлав Сурçěр Атлантика Союзне вăйлăн пырса çапрě, мěншěн тесен вăл суйлавçăсен пысăк çийě агрессилле çар блокěсен политикине йышăнманнине кăтартса парать. Юнайтед Пресс агентстви çакна палăртать: «Январěн 3-мěшěнче Америкăри официальнăй çынсем нумай вăхăт канашланă, суйлав результачěсем США-шăн мěнле пěлтерěшлě пуласси çинчен сўтсе явнă, Франци Пěрлешўллě Штатсен Хěвеланăç Европăри шанчăклă союзникě пулаймасть, тесе вывод тунă».

Вашингтонри «Стар» хаçат корреспонденчě США-ра «Франци политикинче коммунистсем тěп вырăн йышăнакан халăх фрончě» туса хума пултарас пирки хытă пăшăрханни çинчен çырать.

Хăшпěр хаçатсем, хăйсене суйлав результачěсем пăшăрхантарнине пытарса тăмасăр, юнаса хăратма, Франци общественноçěн шухăшне сěмсěррěн хěсме хăтланаççě.

«Дейли миррор» хаçатра каланă тăрăх, çак суйлав результачěсене пула Франци «ăс-тăн тата наци тěлěшпе путланса ларнă» имěш. Пěрлешўллě Штатсен çакăн пек çěршыв çине урăхла пăхма тытăнас пулать, тесе çырать хаçат.

Юлашкинчен хаçатра çапла каланă: «Франции коммунистсен авторичě ўсни Америкăн Европăри политикишěн хăрушлăх туса хурать... Франции суйлавçăсен 90 проценчě суйлава хутшăнчě, çапла ěнтě Франци халăхě пире пысăк та йывăр поражени кўчě».

«Нью-Йорк таймс» хаçат, «суйлав результачěсем малтанах шикленсе кěтнинчен те начартарах пулчěç», тесе çырать, Франции реакцилле вăйсене Коммунистсен партине хирěç тăма пěрлешме чěнет. «Дейли Ньюс» хаçат «суйлав законěсене тěпренех улăштарма» ыйрă, тесе çырать.

## Демократиллě Германи Республикин общественноçěпе урăх çěршывсен делегацийěсем Демократиллě Германи Республикин президентне Вильгельм Пика вăл 80 çул тултарнă май сывлăх суиса саламлани

БЕРЛИН, январěн 3-мěшě. (ТАСС). Демократиллě Германи Республикин президенчě Вильгельм Пик 80 çул тултарнă май Демократиллě Германи Республикин государство органěсен, парти организацийěсемпе обществăлла организацисен представителěсем, урăх государствăсен делегацийěсем, ěççыннисен, наукăпа культура учрежденийěсен тата шкулсен представителěсем Нидершенхаузен дворецěнче юбиляр патěнче пулнă.

Демократиллě Германи Республикин президентне Вильгельм Пика Германири Социалистсен пěрлěхлě партийěн Центральнăй Комитечěн пěрремěш секретарě Вальтер Ульбрихт, унпа пěрле партин Центральнăй Комитечěн Политбюро членěсем тата Политбюро членěсен кандидачěсем хěрўллěн саламланă.

Вильгельм Пик президент хăйне чěререн сывлăх суиса саламланăшăн Германири Социалистсен пěрлěхлě партийěн Центральнăй Комитечěн членěсене тата Центральнăй Комитет членěсен кандидачěсене хěрўллěн тав тунă.

Демократиллě Германи Республикин президентне Германири Коммунистсен партийěн правленийěн Вильгельм Пик çуралнăранпа 80 çул тултарнине уявлама пынă делегацийěн руководителě — Германири Коммунистсен партийěн правленийěн пěрремěш секретарě Макс Рейман хěрўллěн саламланă.

Унтан Демократиллě Германи Республикин президентне Вильгельм Пика вăл 80 çул тултарнă кун Берлина урăх государствăсенчен пынă делегацисем чěререн саламланă.

Чи малтан Демократиллě Германи Республикин президентне Вильгельм Пика Совет делегацийěн руководителě СССР Верховнăй Совет Президиумěн Председателě К. Е. Ворошилов хěрўллěн саламланă. Унпа пěрле Нидершенхаузен дворецне делегаци членěсем П. Н. Поспелов, О. В. Куусинен, Е. Д. Стасова, Г. М. Пушкин пынă.

Вильгельм Пик президент 80 çул тултарнă май ăна К. Е. Ворошилов СССР Верховнăй Совет Президиумěн, Совет Правительствин тата Совет Союзěнчи Коммунистсен партийěн Центральнăй Комитечěн ячěпе тăванла саламласа лайăх сывлăхлă пулма тата ěçре çěнě çитěнўсем тума ырă сунnă. Совет делегацийě юбиляра парнесем панă.

Çакăн хыççăн Демократиллě Германи Республикин президентне Китай делегацийěн руководителě Китай Халăх Республикин председателěн заместителě Чжу Дэ тата тăванла ытти çěршывсен делегацийěсен руководителěсем саламланă, парнесем панă.

Унтан Демократиллě Германи Республикин президентне Вильгельм Пика урăх çěршывсенчи тăванла Коммунистсен партийěсен представителěсем саламланă.

Демократиллě Германи Республикин Халăх палати тата Çěрсен палати ячěпе Вильгельм Пик президента Халăх палати президиумěн членěсем И. Дикманпа пěрле пырса саламланă.

Унтан Вильгельм Пик президента Демократиллě Германи Республикин премьер-министрě Отто Гротеволь, унпа пěрле Министрсен Совечěн президиумěн членěсем салам каланă.

Демократиллě Германи Республикин президентне çавăн пекех Демократиллě Германи Республикинчи тěрлě обществăлла организацисен, предприятисен делегацийěсем, Германири евангелистла тата католикла чиркўсен представителěсем саламласа сывлăх суннă.

Вильгельм Пика парнесем нумай панă.

## Совет делегацийě совет воинěсен Берлинри памятникě умне чечек кăшăлě хунă

БЕРЛИН, январěн 3-мěшě. (ТАСС). Демократиллě Германи Республикин Президенчě Вильгельм Пик 80 çул тултарнине уявланă çěре хутшăнма Берлина пырса çитнě Совет делегацийě—унăн руководителě СССР Верховнăй Совет Президиумěн Председателě К. Е. Ворошилов, делегаци членěсем П. Н. Поспелов, О. В. Куусинен, Е. Д. Стасова тата Г. М. Пушкин Трептов-паркра пулнă, Берлина ирěке кăларассишěн çапăçса вилнě совет воинěсен памятникě умне чечек кăшăлě хунă. Чечек кăшăлě çине çапла çырнă: «Фтемлěхе фашизмран ирěке кăларассишěн пынă çапăçусенче вилнě совет воинěсене-геройсене. Совет Союзěн Правительство делегацийěнчен».

Чечек кăшăлě хунă чухне унта Совет Союзěн Германири çар чаçěсен Главнокомандующийě Совет Союзěн Маршалě А. А. Гречко, ССР Союзěн Демократиллě Германи Республикинчи посольствин ответлă сотрудникěсем пулнă.

### СОВЕТ ДЕЛЕГАЦИЙĚ БЕРЛИН ХУЛИНЧИ ПАНКОВ РАЙОНĚНЧИ СОВЕТ ВОИНĚСЕН ПАМЯТНИКĚ УМНЕ ЧЕЧЕК КĂШĂЛĚ ХУНĂ

БЕРЛИН, январěн 5-мěшě. (ТАСС). Демократиллě Германи Республикин Президенчě Вильгельм Пик 80 çул тултарнине уявланă çěре хутшăнма Берлина пынă Совет делегацийě—делегаци руководителě СССР Верховнăй Совет Президиумěн Председателě К. Е. Ворошилов, делегаци членěсем П. Н. Поспелов, О. В. Куусинен, Е. Д. Стасова, Г. М. Пушкин совет воинěсен Берлин хулинчи Панков районěнчи памятникě умне чечек кăшăлě хунă.

## *Демократиллě Германи Республикин Министрěсен Совечěнче*

БЕРЛИН, январěн 3-мěшě. (ТАСС). Демократиллě Германи Республикин премьер-министрě çумěнчи Пичет ведомстви пěлтернě тăрăх, ěнер Берлинра Демократиллě Германи Республикин Министрěсен Совечěн ларăвě пулса иртнě. Ларура премьер-министр Отто Гротеволь Демократиллě Германи Республикин правительство делегацийě Китай Халăх Республикине, Демократиллě Корея Халăх Республикине тата Монголи Халăх Республикине кайса килни çинчен пěлтернě; çак çěршывсене кайса килни результачěсен пысăк пěлтерěшне палăртнă.

Министрсен Совечě Демократиллě Германи Республикин правительство делегацийěн ěçěсене тата вăл Китай Халăх Республикин, Демократиллě Корея Халăх Республикин тата Монголи Халăх Республикин правительствисемпе пěрле алă пуснă документсене ырланă.

Министрсен Совечě, тенě пěлтерининче, ку документсем çак çěршывсемпе туслă çыхăнусен тытасçине çирěплетме, Демократиллě Германи Республикине тěреклетме, Европăпа Азири халăхсемшěн хăрушсăрлăх туса хума, пěтěм тěнчери мире çирěплетме пулăшаççě, тесе шутлать.

## Республикăри XXI-мěш шахмат чемпионачě

Январěн 3-мěшěнче Шупашкарта «Динамо» клубěнче республикăри XXI-мěш шахмат чемпионачě усăлчě. Иртнě çул республика чемпионěн ятне илнě Чугунов пěрремěш турта Игумновпа (вěсем иккěшě те Шупашкартан) тěл пулса вылярě. Ку вăйă нихăшě те çěнтерейменнипе вěçленчě. Шупашкар хулин чемпионě Никитин Канаш хулин представителěнчен Муртазинрап выляса илчě.

Сиротин (Шупашкар хулинчен) 34 хут çўренě хыççăн Казакова (Тăвай районě) çěнтерчě, Петров 19 хут çўренě хыççăн Родионова (иккěшě те Шупашкартан) фигура выляса ячě те, тепěр хушă вылясанах парăнни çинчен пěлтерчě. Москалев (Вăрмар районěнчен) Тяминран (Чкаловски районěнчен), Яковлев (Шăхасан районěнчен) Романовран (Çěрпў районěнчен) выляса илчěç. Çěмěрле районěн представителě Соболев хăйěн партине Гуляева (Шупашкар хулинчен) выляса яни çинчен пěлтерчě.

Шахмат енěпе республикăра мала тухмалли чемпионатри иккěмěш вăйăра республика чемпионě Чугунов Гуляева çěнтерчě. Çěрпў районěн представителě Романов, Шупашкар хулинчи çамрăк шахматистсенчен пěрипе Родионовпа выляса, 35 хут çўренě хыççăн хăй парăнни çинчен пěлтерчě. Яковлев (Шăхасан) Казаковран (Тăвай) выляса илчě. Шупашкар хули чемпионě Никитинпа Игумнов выляна парти нихăшě те çěнтерейменнипе вěçленчě. Муртазин (Канаш) Москалевран (Вăрмар), Тямин (Чкаловски) Сиротинран, Петров Соболевран (Çěмěрле) выляса илчěç.

Иккěмěш тур хыççăн Родионовпа Яковлев малта пыраççě. Вěсем иккěшер очко выляса илнě. Чугуновпа Никитин 2-шер очко выляса илме май пур çěртен 1,5-шер очко пухнă.

## *Пěлтерӳсем*

Январěн 6-мěшěнче, каçхине 8 сехетре, КПСС Шупашкар хула комитечěн библиотекинче çакăн пек темăпа лекци пулать: «Коммунистсен партийěн стратегийěпе тактикин никěсěсем. В. И. Ленин çырнă «Социал-демократин демократилле революцийěнчи икě тактики» кěнекен историлле пěлтерěшě».

Лекторě Е. Е. ВАРЛАМОВ юлташ.

* * *

Социализмла промышленность экономикине вěренекенсем валли лекци пулать. Лекци теми: «Промышленность предприятийěсен тěп фончěсемпе оборотри фондсем тата вěсемпе усă курассине лайăхлатмалли майсем».

Лекторě Г. С. СКАЧКОВ юлташ.

Лекци 20 сехетре пуçланать.

КПСС ХУЛА КОМИТЕЧЕ.

Редактор М. Н. ЯКИМОВ.



## 1956 çулта государство заемěсен выляв укçи тухмалли тиражěсене тата облигаци хакне тўлесе илмелли тиражсене ирттермелли
## П Л А Н

Январěн 22-мěшěнче—СССР халăх хуçалăхне юсаса аталантармалли иккěмěш Государство заемěн 17-мěш выляв тиражě. Ашхабад хулинче.

Январěн 30-мěшěнче—Государствăн 3 процентлă выляса илмелли шалти заемěн 49-мěш выляв тиражě. Куйбышев хулинче.

Февралěн 26-мěшěнче—СССР халăх хуçалăхне юсаса аталантармалли виççěмěш государство заемěн 15-мěш выляв тиражě. Кировоград хулинче.

Мартăн 4-мěшěнче—СССР халăх хуçалăхне аталантармалли Государство заемěн (1951 çулхи кăларăм) 9-мěш выляв тиражě. Актюбинск хулинче.

Мартăн 18-мěшěнче—СССР халăх хуçалăхне юсаса аталантармалли тăваттăмěш государство заемěн 18-мěш выляв тиражě. Омск хулинче.

Мартăн 30-мěшěнче—Государствăн 3 процентлă выляса илмелли шалти заемěн 50-мěш выляв тиражě. Мускав хулинче.

Апрелěн 22-мěшěнче—СССР халăх хуçалăхне аталантармалли Государство заемěн (1954 çулхи кăларăм) виççěмěш выляв тиражě. Гродно хулинче.

Апрелěн 29-мěшěнче—СССР халăх хуçалăхне юсаса аталантармалли пиллěкмěш государство заемěн 11-мěш выляв тиражě. Бухара хулинче.

Майăн 6-мěшěнче—СССР халăх хуçалăхне аталантармалли Государство заемěн (1953 çулхи кăларăм) пиллěкмěш выляв тиражě. Хусан хулинче.

Майăн 20-мěшěнче—СССР халăх хуçалăхне аталантармалли Государство заемěн (1952 çулхи кăларăм) выляв тиражě. Ногинск хулинче.

Майăн 30-мěшěнче—Государствăн 3 процентлă выляса илмелли шалти заемěн 51-мěш выляв тиражě. Тбилиси хулинче.

Июнěн 10-мěшěнче—Государствăн 2 процентлă 1948 çулхи заемěн 17-мěш выляв тиражě. Мускав хулинче.

Июлěн 15-мěшěнче—СССР халăх хуçалăхне аталантармалли Государство заемěн (1955 çулхи кăларăм) пěррěмěш выляв тиражě. Горький хулинче.

Июлěн 22-мěшěнче—СССР халăх хуçалăхне юсаса аталантармалли иккěмěш государство заемěн 18-мěш выляв тиражě. Уральск хулинче.

Июлěн 30-мěшěнче—Государствăн 3 процентлă выляса илмелли шалти заемěн 52-мěш выляв тиражě. Одесса хулинче.

Августăн 5-мěшěнче—СССР халăх хуçалăхне юсаса аталантармалли тăваттăмěш государство заемěн 14-мěш выляв тиражě. Мускав хулинче.

Августăн 12-мěшěнче—СССР халăх хуçалăхне юсаса аталантармалли виççěмěш государство заемěн 16-мěш выляв тиражě. Кишинев хулинче.

Августăн 26-мěшěнче—СССР халăх хуçалăхне аталантармалли Государство заемěн (1954 çулхи кăларăм) 4-мěш выляв тиражě. Ужгород хулинче.

Сентябрěн 2-мěшěнче—СССР халăх хуçалăхне аталантармалли Государство заемěн (1953 çулхи кăларăм) 6-мěш выляв тиражě. Полтава хулинче.

Сентябрěн 16-мěшěпе 17-мěшěнче—СССР халăх хуçалăхне аталантармалли Государство заемěн (1951 çулхи кăларăм) 10-мěш выляв тиражě тата облигаци хакне тўлесе илмелли 1-мěш тираж. Баку хулинче.

Сентябрěн 30-мěшěнче—Государствăн 3 процентлă выляса илмелли шалти заемěн 53-мěш тěп выляв тиражě тата 9-мěш хушса ирттерекен выляв тиражě. Ленинград хулинче.

Октябрěн 14-мěшěпе 15-мěшěнче—СССР халăх хуçалăхне юсаса аталантармалли пиллěкмěш государство заемěн 12-мěш выляв тиражě тата облигаци хакне тўлесе илмелли 2-мěш тираж. Калинин хулинче.

Октябрěн 21-мěшěнче—СССР халăх хуçалăхне юсаса аталантармалли иккěмěш государство заемěн облигаци хакне тўлесе илмелли 5-мěш тираж. Мускав хулинче.

Ноябрěн 11-мěшěнче—СССР халăх хуçалăхне юсаса аталантармалли виççěмěш Государство заемěн облигаци хакне тўлесе илмелли 4-мěш тираж. Мускав хулинче.

Ноябрěн 18-мěшěнче—СССР халăх хуçалăхне аталантармалли Государство заемěн (1955 çулхи кăларăм) 2-мěш выляв тиражě. Челябинск хулинче.

Ноябрěн 30-мěшěнче—Государствăн 3 процентлă выляса илмелли шалти заемěн 54-мěш выляв тиражě. Мускав хулинче.

Декабрěн 9-мěшěнче—СССР халăх хуçалăхне юсаса аталантармалли тăваттăмěш государство заемěн облигаци хакне тўлесе илмелли 3-мěш тираж. Мускав хулинче.

Декабрěн 16-мěшěнче тата 17-18-мěшěсенче—Государствăн 2 процентлă 1948 çулхи заемěн 18-мěш выляв тиражě тата облигаци хакне тўлесе илмелли 5-мěш тираж. Дон çинчи Ростов хулинче.

Декабрěн 30-мěшěнче—СССР халăх хуçалăхне аталантармалли Государство заемěн (1952 çулхи кăларăм) 8-мěш выляв тиражě. Винница хулинче.

ЧĂВАШ АССР ПЕРЕКЕТ КАССИСЕМПЕ ГОСУДАРСТВО КРЕДИЧĚН УПРАВЛЕНИЙĚ.



РЕДАКЦИ АДРЕСĚ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителě—4-17, ответлă секретарь—4-26, секретариат—7-32, промышленность пайě—5-74, информаци пайě—13-37, парти пурнăç пайě—3-99, обзорсен пайě—6-84, пропаганда пайě—5-21, ялхуçалăх пайě—3-97, культура пайě—3-04, совет строительстви пайě—3-04, литературăпа искусство пайě—5-61, çырусен пайě—3-54, издательство кантурě—0-23.

НТ 00306 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР, Заказ № 16. Тираж 37.000 экз.